*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*



# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 8 (20141) • Юнкун, 1990 çулхи январĕн 10-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

*Пĕрле калаçар-ха*

## ФЕРМĂРИ ХĔЛ.

### *Мĕнле иртет вăл республикăра?*

«Пирĕн районти «Победа» колхозри ферма çинчен «Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленнĕ «Кÿренÿ» статьяна вуласан, эпир, «Самолет» колхоз дояркисем, тĕлĕнмеллипех тĕлĕнтĕмĕр. Унта япăх мар ĕçлеççĕ иккен. Мĕншĕн ĕçлес мар! Вăтам ĕç укçи 250 тенке ларать. Вĕсем вара 200 тенкĕ премие валеççе паманшăн кăмăлсăр.

Эпир мĕнле условисенче ĕçлесе пурăннине курасчĕ вĕсен. Кунне-çĕрне пĕлмесĕр ĕçлетпĕр пулсан та, пире уйăха 90—100 тенкĕ çеç тÿлеççĕ. Ĕç условийĕсем питĕ япăх. Пирĕншĕн канмалли кунĕ те, уявĕ те çук. Çапах çав кунсемшĕн те хушса тÿлемеççĕ. Апата ĕнесене карçинккапа йăтса паратпăр. Пĕр карçинкки 45—50 килограмм вĕт. Çуллахи вăхăтра ешĕл апата хырăм çине хурсах йăтăрлама тивет. Ĕнесене пĕр хут апат панă чухне çухрăм çурă ытла каллĕ-маллĕ утатпăр. Йăттарасчĕ хуçасене!

Фермăра канмалли пÿлĕм мар, тумтир хывса тăхăнмалли вырăн та çук. Тумтир кунĕпе нÿрлĕ витере выртса, эпир киле кайиччен йĕп-йĕпе пулать. Райкомран хĕстернипе саунă туса пачĕç. Савăннăччĕ. Кăшт ĕçлерĕ те... чарăнчĕ. Кăçал сивĕ те пулмарĕ, эпир вара ĕнесене шăннă кăшман çитеретпĕр. Витесенче хăш кантăкне лартнă, хăшĕсенче çил ачисем выляççĕ. Сĕт мĕн чухлĕ сунине те, сумаллине те пĕлместпĕр».

Çакăн пек çыру килчĕ редакцие Вăрнар районĕнчен. Тăран шухăша ярать вăл, тарăхтарать. Тен, хашпĕр цифрасене авторсем тĕрĕсех пĕлмеççĕ. Анчах ĕç унта мар. Хуçалăха ертсе пыракансем, специалистсем фермăсем çине ала сулни, вĕсемпе интересленменни пăшăрхантарать вĕсене.

Фермăри ĕç çăмăл мар. Ăна пурте пĕлеççĕ. Çапах та чылай колхозпа совхозра унта ĕçлекенсен ĕçне çăмăллатма нимĕн те тумаççĕ. Апат парассине, тислĕк тасатассине механизацилесси, техникăна пĕр тикĕс ĕçлеттересси — хуçалăхри инженери службин пĕрремĕш тивĕçĕ. Çÿлерех асăннă çырупа паллашнă хыççăн «Самолет» колхозра пĕр центнер ĕне ашĕ çулталăк хушшинче 230 тенкĕрен 341 тенке çитиччен нимĕн чухлĕ те тĕлĕнместĕн.

*Республикăри малта пырак*... чылай колхозпа совхозра фермăсенчи [illegible] çăмăллатас тĕлĕшпе япăх мар ĕçлеççĕ. Нумаях пулмасть хаçатра Муркаш районĕнчи «Дружба» колхозри сĕт-çу фермине ĕçе мĕнле йĕркелени çинчен тĕплĕ çырса кăтартнăччĕ. Ун пек хуçалăхсем кашни районта тенĕ пекех пур. Анчах чылай çĕрте вăхă опыта темшĕн ĕçе кĕртме васкамаççĕ, витесем кивĕ, çавăнпа вĕсенче нимĕнле механизм та вырнаçтарма май çук, тесе ĕнентереççĕ. Çавăн пек хуçалăхсем Канаш, Сĕнтĕрвăрри, Хĕрлĕ Чутай районĕсенче уйрăмах нумай. Халĕ, хĕл кунĕсенче, хашпĕр фермăсенче кормоцехсемпе кухньăсем ĕçлеменни те çак кăвлака шута илменнине пĕлтерместни [illegible]

ça хăйсен алличчен вĕçертесшĕн мар курăнать.

Акă, Етĕрне районĕнчи «Коммунизм» колхозри фермăра выльăх апачĕ хатĕрлекен Н. Семенов, хăйне ĕçшĕн мĕншĕн çавăн пек тÿлениине пĕлесшĕн. Анчах колхоз правленийĕнче, бухгалтеринче ниепле те тивĕçлĕ ответ илеймест. Ирĕксĕрех хаçата çырать.

Çынсемпе ĕçлессине хакламанни сиенĕ пысăк. Ун пек чухне коллективăн ответлăх туйăмĕ чакать, нумайăшĕ кун иртсĕр те çĕр ирттĕр тесе ĕçлеме пуçлать. Шăпах çавна пула тирпейсĕрлĕх, йĕркесĕрлĕх пуçланать те фермăра. Редакци почтинче вĕсем çинчен пĕлтерекен çырусем пайтах.

«Пирĕн колхозри ферма унччченхи çулсенче те уксахланă, халĕ те çавах. Иртнĕ çул выльăх апачĕ çав тери сахал хатĕрленĕ. Çавна шута илсе, ăна тутлăнтарса, концентрата çĕпрелетсе парасчĕ хăть. Анчах çук çав. Нимĕн те тумаççĕ», — тарăхса пĕлтереççĕ Елчĕк районĕнчи Чкалов ячĕпе хисепленекен колхозран.

Çыру авторĕсене ăнланма пулать. Сĕт туса илесси колхозра 1988 çулхи шайран 12 центнер чакнă. Самартакан выльăхсен ÿтхушаслăхĕ пĕчĕк. Халĕ кашни ĕнерен 4,5 килограмшар çеç сĕт сăваççĕ.

Ну, юрĕ, ку колхозра выльăх апачĕ сахал хатерленĕ тейĕпĕр. Анчах нумай колхозпа совхозра выльăх апачĕ те сахал мар, продукцийĕ вара çук. Акă, Элĕк районĕнче кашни условнăй выльăх пуçне 21,5 центнер (концентратсăр пуçне) апат единици тивет. Сахал та мар пек. Çав вăхăтрах 17 хуçалăхран 10-шĕ аш-какай сутмалли государство заказне пурнăçламан. «Волга», «Молния» колхозсем заказа — 77, Калинин ячĕпе хисепленекен колхоз вара пурĕ те 65 процент çеç пурнăçланă.

Халĕ, обществăри хутшăнусене демократизацилени, çÿлтен команда парса ĕçлеттерес йăлана сивлени тапхарта, колхозсемпе совхозсенче нумай ыйтăва хăйсем татса пареççĕ. Анчах чылай руководитель хăйсене пана правапа яланах тĕрĕс уса курать-и-ха? Республикăра çулталăк хушшинче 1.334 сăвакан ĕне, 6.313 сурăх, пĕр пине яхăн сысна, 1.127 лаша чакнă. Чăнах та, сахалрах выльăх усрасах продукци ытларах илнине [illegible] çеç. Анчах чылай хуçалăхра, акă, сăвакан ĕнесен шучĕ те чакнă, сĕт савассине те ÿстереймеççĕ. Кашни ĕнерен сĕт нумайрах суни çеç мар, колхоз е совхоз, сĕтне ытларах суса илсе, ăна государствăна сутни те кирлĕ-çке.

Сăмахран, Куславкка районĕнче ĕнесен шутне виçĕ процент чакарнă. Кашни ĕнерен вара пурпĕрех 2515 килограмм çеç сĕт сунă. Аш-какай, унччченхи çулпа танлаштарсан, сакăр процент сахалрах туса илнĕ. Шупашкар районĕ те ĕнесен шутне 4 процент чакарнă. Çавăнпа пĕрлех кашни ĕнерен сĕт сăвасси те, кол[illegible]

*Ăмăртура малта пыракансем*





Вăрмар районĕнчи йăла управленийĕнчи çĕвĕ цехĕнче тăватă бригада ĕçлет. Кунта хĕлле тата çулла тăхăнмалли тĕрлĕрен кĕпе-тумтир çĕлеççĕ.

Аполинария Силерова цехра — вăтăр пилĕкмĕш çул. Вăл çулла тăхăнмалли тумтирсем çĕлекен бригадăна ертсе пырать. Пĕрремĕш класлă мастер. Пысăк опытлă çĕвĕç тата наставник пулнă май, Силерова вуншар çамрăка çак кирлĕ профессие алла илме пулăшнă.

Ирина Маркова ку коллектива пĕр çул каярах, Çĕрпÿри çĕвĕçсем хатĕрлекен профессиллĕ училищĕрен вĕренсе тухнă хыççăн килнĕ. Çамрăк специалист чăннипех те хастар, тĕрлĕрен операцисене вăл ялан ăста пурнăçлать. Ахальтен мар кăткăс ĕçсене пурнăçлама ăна хушаççĕ. Нумай пулмасть коллективăн çамрăксем Ирина Маркори [illegible]

## КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕНĔ

**Январĕн 8-мĕшĕнче 887-мĕш Ленин территори суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлас енĕпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Ларура РСФСР халăх депутатне суйлама тăратнă çак кандидатсене регистрациленĕ:**

Вячеслав Николаевич **Егоров,** 1952 çулта çуралнă, чăваш, партире тăмасть, «Чувашагропромдорстрой» пĕрлешĕвĕн тĕп бухгалтерĕ, Шупашкарта пурăнать.

Валентина Андреевна **Иванова,** 1937 çулта çуралнă, вырăс, КПСС членĕ, Чăваш АССРĕпе ĕçлекен ТАСС корреспонденчĕ, Шупашкарта пурăнать.

Геннадий Стахеевич **Коротков,** 1932 çулта çуралнă, чăваш, КПСС членĕ, Пĕтĕм Союзри релестроенин наука тĕпчев, проектпа конструктор тата технологи институчĕн директорĕ, Шупашкарта пурăнать.

Николай Васильевич **Малов,** 1950 çулта çуралнă, чăваш, КПСС членĕ, «Кугесинская» кайăк-кĕшĕк фабрикин директорĕ, Шупашкар районĕнчи Тренкасси ялĕнче пурăнать.

Владимир Михайлович **Мутиков,** 1936 çулта çуралнă, чăваш, КПСС членĕ, Чăваш ял хуçалăх институчĕн пĕтĕмĕшле çĕрĕç кафедрин заведующийĕ, доцент, Шупашкарта пурăнать.

Станислав Николаевич **Николаев,** 1950 çулта çуралнă, чăваш, КПСС членĕ, республикăри ача-пăча больницин хирурги уйрăмĕн заведующийĕ, Шупашкарта пурăнать.

Константин Валентинович **Трифонов,** 1952 çулта çуралнă, чăваш, КПСС членĕ, И. Я. Яковлев ячĕпе хисепленекен Чăваш государство педагогика институчĕн политэкономипе социализм теорийĕн кафедрин преподавателĕ, Шупашкарта пурăнать.

Вячеслав Петрович **Юнкеров,** 1947 çулта çуралнă, вырăс, КПСС членĕ, «Шупашкарти электроаппаратура заводĕ» производство пĕрлешĕвĕнчи электроцех начальникĕ, Шупашкарта пурăнать.

Нина Михайловна **Яковлева,** 1940 çулта çуралнă, чăваш, партире тăмасть, К. В. Иванов ячĕпе хисепленекен Чăваш академи драма театрĕн артистки, Шупашкарта пурăнать.

**ОКРУГРИ СУЙЛАВ КОМИССИЙĔ.**

• • •

**Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕсем çак кандидатсене регистрациленĕ:**

**ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ ЛЕНИН РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

**5-мĕш Привокзальнăй суйлав округĕ**

Виталий Константинович **Орешников,** 1945 çулта çуралнă, Шупашкарти троллейбус управленийĕн начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Илья Яковлевич **Ярабаев,** 1938 çулта çуралнă, Шупашкарти экономикăпа технологи техникумĕн директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**6-мĕш Гагарин суйлав округĕ**

Валентин Николаевич **Николаев,** 1919 çулта çуралнă, вăрçăпа ĕç ветеранĕсен Ленин район совечĕн председателĕ, пенсионер, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Александр Викторович **Ходяев,** 1957 çулта çуралнă, «Стройтермоизоляция» тре[illegible] управленийĕн Шу[illegible]

[illegible] **Капитонов,** 1940 çулта çуралнă, Шупашкарти ССР Союзĕ 60 çул тултарнă ятпа хисепленекен пир-авăр комбиначĕн генеральнăй директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**25-мĕш Восточнăй суйлав округĕ**

Лидия Михайловна **Долгова,** 1937 çулта çуралнă, пурлăхпа техника базин пурăнмалли çурт-йĕр участокĕн начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Валерий Павлович **Павлов,** 1938 çулта çуралнă, «Шупашкарти промышленность тракторĕсен заводĕн производство пĕрлешĕвĕн медицинăпа санитари часĕн тĕп вр[illegible];

Анатолий Свиридович **Таранов,** 1948 çулта çуралнă, КПСС членĕ, сао служащийĕ, Шупашкарта пурăнать.

**26-мĕш Пионерски суйлав округĕ**

Константин Константинович **Константинов,** 1946 çулта çу[illegible] «Шупашкарти промыш[illegible]

шархантарать вĕсене.

Фермăри ĕç çамăл мар. Ана вурте пĕлеççĕ. Çапах та чылай колхозпа совхозра унта ĕçлекенсен ĕçне çămăллатма нимĕн те тумаççĕ. Апат парассине, тислĕк тасатассине механизациллесси, техникăна пĕр тикĕс ĕçлеттересси — хуçалăхри инженери службин пĕрремĕш тивĕçĕ. Çÿлерех асăннă çырупа паллашнă хыççăн «Самолет» колхозра пĕр центнер ĕне ашĕ çултталăк хушшинче 230, тенкĕрен 341 тенке çитнинчен нимĕн чухлĕ те тĕлĕнместĕн.

[illegible] латас тĕлешпе япăх мар ĕçлеççĕ. Нумаях пулмасть хаçатра Муркаш районĕнчи «Дружба» колхозри сĕт-çу ферминче ĕçе мĕнле йĕркеленине çиччен тĕплĕ çырса кăтартнăччĕ. Ун пек хуçалăхсем кашни районта тенĕ пекех пур. Анчах чылай çĕрте паха опыта темшĕн ĕçе кĕртме васкамаççĕ, витесем кивĕ, çавăнпа вĕсенче нимĕнле механизм та вырнаçтарма май çук, тесе ĕнентереççĕ. Çавăн пек хуçалăхсем Канаш, Сĕнтĕрвăрри, Хĕрлĕ Чутай районĕсенче уйрăмах нумай. Халĕ, хĕл кунĕсенче, хăшпĕр фермăсенче кормоцехсемпе кухньăсем ĕçлемеиннипе çак чăнлăха шута илменнине пĕлтермест-и те? Тепĕр фермăра çамрăк пăрусене те сивĕ шыв ĕçтереççĕ, апат хутăшĕ тăвасси çинчен шутламаççĕ те. Çавăнпа чылай фермăра ĕнесенчен сĕт сахал сунинчен, самартакан выльăхсен ÿтхушăслăхĕ пĕчĕк пулнинчен нимĕн чухлĕ те тĕлĕнместĕн. Специалистсем çакна çирĕплетеççĕ: апата тĕрлĕ хутăшсемпе тутлăлантарни тухăçлăха 10—15 процент ÿстерет.

Акă, Пăрачкав районĕнчи «Заветы Ильича» совхозра пĕлтĕр кашни ĕнерен пурĕ те 2103 килограмм çеç сĕт суса илнĕ. Çак районти «Семеновский» совхозра вара, калама та намăс, пĕр ĕне пуçне 1849 килограмм кăна сĕт сунă. Куславкка районĕнчи «Волжский» совхоз руководителĕсемпе специалисчĕсен те фермăра ĕçлекенсемпе пĕрлех хĕрелме тивет. Иртнĕ çул кашни ĕнерен сĕт савассине фермăра 334 килограмм чакарнă, çулталăкра пурĕ те 2194-шар килограмм çеç сĕт суса илнĕ. Ĕне выльăх самартакансем вара вăтамран кашни талăкра 239-шар грамм ÿт хуштарнă. Шăмаршă районĕнчи «Гвардеец» совхозри сысна пăхакансем те выльăхсен ÿтхушăслăхне 118 грамран иртттереймен. Аш-какайăн хăйхаклăхĕ çак хуçалăхсенче мĕн тери пысăк пулни каламасăрах паллă.

«Пире 1989 çулхи январьтен пуçласа ĕçшĕн аванс шучĕпе тÿлеме пуçларĕç. Анчах ăнлантарни-мĕнĕ пулмарĕ. Августра тин пĕлтĕмĕр. Пĕр центнер ÿт хуштарнăшăн сысна пăхакана 21 тенкĕ, ама пăхнăшăн 1 тенкĕ те 34 пуспа тÿлеме тытăнчĕç. Вара пирĕн çулталăкра 1800 тенкĕ пухăнмалла. Тен, сахал та мар пулĕ. Анчах эпир 1988 çулта 3 пин тенке çити ĕçлесе илнĕ-çке. Мĕншĕн-ха пĕр çул хушшинче çавăн чухлĕ чакса лармалла ĕç укçи? Мĕншĕн ултă свинаркăна тÿлемелли расценка çеç улшăннă? Пирĕнтен мăшкăлани мар-и ку? Пирĕн ĕç укçи çине çапла пăхсан плана тултарассишĕн, ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн кам тăрăштăр? — ыйтаççĕ Р. Михайлова, М. Яковлева, В. Семенова, В. Игнатьева, А. Александрова, Р. Иванова».

Ыйтăва тĕрĕс лартаççĕ ферма ĕçченĕсем. Вĕсем — пурлăх тăвакансем, вĕсемех — ферма хуçи пулмалла. Хăйсене мĕн чухлĕ тÿленине, ĕç укçине мĕншĕн ÿстернине е чакарнине вĕсен пĕлмелле. Тÿрех калас пулсан, çĕнĕ расценкăсене чи малтан ĕç коллективĕнче, ферма советĕнче пăхса тухмалла. Расценкăсене улăштарни ĕç тухăçлăхне ÿстерме пулăштăр, лайăхрах ĕçлеме хавхалантартăр. Чылай колхозпа совхозра çапла тăваççĕ те. Çапах кивĕ йăла инепле те пĕтмест-ха. Хуçалăх руководителĕ, экономист, бухгалтер инепле те вла-

каза — 77. Калинин ячĕпе хисепленекен колхоз вара пурĕ те 65 процент çеç пурнăçланă.

Халĕ, обществăри хутшăнусене демократизациленĕ, çÿлтен команда парса ĕçлеттерес йăлана сивленĕ тапхарта, колхозсемпе совхозсенче нумай ыйтăва хăйсем татса пареççĕ. Анчах чылай руководитель хăйсене пана правапа яланах тĕрĕс усă курать-и-ха? Республикăра çулталăк хушшинче 1.334 сăвакан ĕне, 6.313 сурăх, пĕр пине яхăн сысна, 1.127 лаша чакнă. Чăнах та, сахалрах выльăх усрасах [illegible] чах чылай хуçалăхра, акă, савакан ĕнесен шучĕ те чакнă, сĕт савассине те ÿстерейменççĕ. Кашни ĕнерен сĕт нумайрах суни çеç мар, колхоз е совхоз, сĕтне ытларах суса илсе, ăна государствăна сутни те кирлĕ-çке.

Сăмахран, Куславкка районĕнче ĕнесен шутне виçĕ процент чакарнă. Кашни ĕнерен вара пурпĕрех 2515 килограмм çеç сĕт сунă. Аш-какай, уйчченхи çулпа танлаштарсан, сакăр процент сахалрах туса илнĕ. Шупашкар районĕ те ĕнесен шутне 4 процент чакарнă. Çавăнпа пĕрлех кашни ĕнерен сĕт савасси те, колхозсемпе совхозсен фермисенче пĕтĕмĕшле сĕт суса илесси те чакнă. Çакă интенсивлă ĕçленине пĕлтермест. Муркаш, Етĕрне, Сĕнтĕрвăрри районĕсем те аш-какай туса илессине чакарни пăшăрхантарать.

Тепĕр тĕрлĕ çырăва илсе пăхар-ха. Ана Улатăр районĕнчи «Первомайский» колхозран çыраççĕ:

«Çакăн пек ĕçлесен, мĕн патне çитетпĕр-ха эпир? Пирĕн хуçалăх руководителĕсемпе специалисчĕсем 60—70 пуç ыран-паян ĕне пулмалли тынасене аш-какай комбинатне леççе пачĕç, темиçе теçетке çамрăк выльăха «Алатырский» совхоза панă, теççĕ. Çапла майпа государство планне тултарса, пуçлăхсем умĕнче ырă пулса юлчĕç. Тĕрĕс-и ĕнтĕ çакă? Колхоза мĕн чухлĕ сиен-тăкак пулчĕ! Çитес çулсенче ăçта кайăç-ши ĕне шырама!»

Аш-какай туса илессине ÿстерес тесен, чи малтан выльăх хисепĕ çинчен шутлас пулать. Сахал выльăхран нумай аш илеймĕн. Анчах чылай руководитель çак чăнлăха анланасшăн мар. «Первомайский» колхоз руководителĕсем ăнхайсем тупă ĕçе, тен, апат сахал пулнипе ăнлантараççĕ. Çапах та çавăн пек ĕç тавиччен ыранхи çинчен шутламаллах пулнă. Вĕсем çамал çул шыраса тупни такамшăн та паллă.

Чăнах та, республикăри хуçалăхсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре çитменлĕх нумай. Çав вăхăтрах çĕршер ферма коллективĕ пирĕн сĕтел çинче аш-какайĕ те, сĕчĕ-çăвĕ те ытлăн-çитлĕн пултăр тесе хытă тăрăшать. Тăрăшни сая каймасть. Иртнĕ çул республикăра кашни ĕнерен вăтамран 2914 килограмм сĕт суса илнĕ. Çакăн чухлĕ сĕт эпир инхçан та суман. Çичĕ район сăвăма 3 пин килограмран иртттернĕ. Чи нумай савакансем — етĕрнесем. Вĕсем пĕр ĕне пуçне 3.541 килограмм сунă. Муркаш, Елчĕк районĕсем 3.455, 3.336-шар килограмм илнĕ. Тÿрех калăпăр: савăнтаракан цифрăсем. Хĕрлĕ Чутайпа Шупашкар районĕсемсĕр пуçне, ытти мĕнпур районсем кашни ĕнерен сĕт сăвассине ÿстернĕ.

Аш-какай туса илмелли тата ăна хатĕрлемелли плансене те республика 104—105 процент тултарнă.

Çулталăкăн хуть хăш вăхăтĕнче те фермăра ĕç çамăл мар. Хĕлле вара — тата йывăртарах. Çавăнпа уйрăмах тимлĕ пăхасчĕ фермăсем çине. Колхоз председателĕ, совхоз директорĕ, ытти мĕнпур специалистсем çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтерме тăрăшсан, малашне ÿсĕм тата ытларах пуласса çирĕп шанма пулать.

**С. КАРЯГИН,**
**хаçатăн агропромышленность пайĕн заведующийĕ.**

# ПĔРЛЕХИ ПОЛИТКУН ПУЛАТЬ

Январĕн 18-мĕшĕнче республикăра пĕрлехи политкун ирттереççĕ. Парти комитечĕсене, лекторсемпе докладчиксене политинформацисемпе калаçусен çакăн пек примерлă тематикипе усă курма сĕнеççĕ:

**1989 çулхи хуçалăх çулталăкĕн итогĕсем** (харпăр хăй предприятийĕн, хуçалăхĕн, районĕн производствăпа экономика ĕçĕ-хĕлĕн результачĕсене, Чăваш АССР экономикипе социаллă пурнăç аталанăвĕн государство планне пурнăçланине тишкерни).

**Суйлав умĕн** (суйлав умĕнхи кампани мĕнле пыни, халăх депутачĕсен кандидачĕсем, суйлав законĕ çинчен).

**Çĕнетÿ тата социализм** (М. С. Горбачевăн 1989 çулхи ноябрĕн 26-мĕшĕнче «Правда» хаçатра пичетленнĕ «Социалистическая идея и революционная перестройка» статйи тăрăх).

**Мирпе хăрушсăрлăх çулĕ çинче** (Совет государствин тĕнчери политикăри 1989 çулхи тĕп итогĕсем. Хаçатсемпе журналсенче пичетленнĕ материалсем тăрăх).



Аполинария Силерова цехра — вăтăр пилĕкмĕш çул. Вăл çулла тăхăнмалли тумтирсем çĕлекен бригадăна ертсе пырать. Пĕрремĕш класлă мастер. Пысăк опытлă çĕвĕç тата наставник пулнă май, Силерова вунăшар çамрăка çак кирлĕ профессие алла илме пулăшнă.

Ирина Маркова ку коллектива пĕр çул каярах, Çĕрпÿри çĕвĕçсем хатĕрлекен профессии училищинчен иккĕмĕш разрядпа вĕренсе тухнă хыççăн килнĕ. Çамрăк специалист чăннипех те хастар, тĕрлĕрен операцисене вăл ялан ăста пурнăçлать. Ахальтен мар кăткăс ĕçсене пурнăçлама ăна хушаççĕ. Нумай пулмасть коллективри çамрăксем Ирина Марковăна комсомол организацийĕн секретарĕ пулма суйланă.

**С. ИГНАТЬЕВ.**

Ÿкерчĕксем çинче: султе — И. Маркова, аялта — А. Силерова çĕвĕçсем.

Фотоÿкерчĕкĕсем авторăн.

# КĂТАРТУСЕМ ЛАЙĂХЛАНАÇÇĔ

Комсомольски районĕнчи «Агрохимия» пĕрлешĕвĕн коллективĕ пысăк мар. Кунта пурĕ те 100 çын кăна ĕçлет. Ĕç çине тимлĕн пăхни ÿсĕмсем тума пулăшать. Çакнах пĕрлешÿре экономист пулса ĕçлекен Нина Михайлова цифрăсемпе çирĕплетсе пачĕ. Пĕрлешÿ пĕлтĕр производство планне пур енĕпе те ирттерсе тултарнă. 203 пин тонна органикăллă удобренисем турттарнă, плана 109,7 процент тултарнă. Хире тислĕк тăкмалли плана 121,7 процент пурнăçланă. Колхоз хирĕсене планран ирттерсе 32 пин тонна тислĕк хывнă. 10.200 гектар çине минераллă удобрени хывнă. 2800 гектар çине фосфор сăнăхĕ, 5030 гектар йÿçек çĕре известь сăнăхĕ сапнă. Планпа 8 пин гектар ÿсентăрансене хÿтелемелле пулнă пулсан 9218 гектар хÿтĕленĕ.

Механизациленĕ отряда Анатолий Семендеев ертсе пырать. Отрядра 4 бригада. Вĕсем пурте тухăçлă ĕçлеççĕ, колхозсенче тăпра пулăхне лайăхлатас тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлеççĕ. Социализмла ăмăртура Олег Шкаблев бригади мала тухнă. «Россия» колхозра 600 гектар, «Гигант», «Заря» колхозсенче 500-шер гектар йÿçек çĕре известленĕ. Минераллă удобрени сапмалли плана та ирттерсе тултарнă. Бригада членĕсем 2 тонна солярка перекетленĕ. Владимир Галкин, Юрий Максимов, Василий Алямшин трактористсем РУМ-8 агрегата тухăçлă ĕçлеттереççĕ. Владимир Никитин ертсе пыракан КамАЗ автомашинăсен бригади те ĕçре хастар. Сергей Поляков, Александр Иванов, Николай Макаров, Геннадий Тарасов планран ирттерсе çĕршер тонна колхозсен уй-хирĕсене минераллă удобрени, известь, тислĕк турттарнă.

Пĕрлешÿри трактористсемпе водительсем 32 тонна солярка, 15 тонна бензин перекетленĕ, икĕ пин тенкĕ тупăш кÿнĕ.

**Н. КВАСОВ.**

## Съезда хутшăнма

Мускавра январĕн 11-мĕшĕнче РСФСР Композиторсен союзĕн съезчĕ уçăлать. Унта делегат пулса пирĕн республикăран ултă çын хутшăнать. Çав шутра — Чăваш АССР Композиторсен союзĕн правленийĕн председателĕ А. Васильев, унăн заместителĕсем Ф. Лукин, Н. Казаков, В. Ходяшев композитор, М. Кондратьевпа С. Макарова музыковедсем.

Чăваш АССР Телевиденипе радиовещани государство комитечĕн хорĕ те Мускава тухса кайнă. Вăл январĕн 10-мĕшĕнче Мускав консерваторийĕн Рахманинов залĕнче концерт лартса парать. Унччен маларах пирĕн ентеш, чаплă гобоист А. Любимов ертсе пыракан оркестр çав залрах ирттернĕ концертра А. Васильевпа В. Ходяшевăн çĕнĕ произведенийĕсене каласа панă.

Съезда тухса кайиччен делегатсене КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. Петров йышăннă.

**Г. АНТОНОВА.**

## Шупашкар хулин Ленин районĕнчи тата Шупашкар районĕнчи суйлавçăсене пĕлсе тăма

**887-мĕш Ленин суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕ пĕлтернĕ тăрăх, депутата суйлама тăратнă кандидатсемпе çак вырăнсенче тĕлпулусем ирттереççĕ:**

Январĕн 16-мĕшĕнче 16 сехетре КПСС обкомĕн Политвĕренÿ çуртĕнче (Урицкий урамĕ, 31-мĕш çурт);

Январĕн 17-мĕшĕнче 15 сехетре Шупашкарти 1-мĕш профтехучилищĕн акт залĕнче (Ленин проспекчĕ, 9-мĕш çурт);

Январĕн 18-мĕшĕнче 18 сехетре 42-мĕш вăтам шкулăн акт залĕнче (Лапсар поселокĕ, Совхоз урамĕ, 9-мĕш çурт);

Январĕн 24-мĕшĕнче 18 сехетре 17-мĕш вăтам шкулăн акт залĕнче (Шумилов урамĕ, 8-мĕш çурт);

Январĕн 25-мĕшĕнче 18 сехетре 22-мĕш вăтам шкулăн акт залĕнче (Кукшумская урам, 19-мĕш çурт);

Январĕн 26-мĕшĕнче 14 сехетре Ишлейри пысăк вольтлă аппаратура завочĕн клубĕнче (Шупашкар районĕ, Ишлей ялĕ);

Февралĕн 1-мĕшĕнче 18 сехетре «Сокол» кинотеатрта (Б. Хмельницкий урамĕ, 65-мĕш çурт);

Февралĕн 20-мĕшĕнче 16 сехетре Чăваш ялхуçалăх институчĕн акт залĕнче (К. Маркс урамĕ, 29-мĕш çурт);

Февралĕн 22-мĕшĕнче 15 сехет те 15 минутра Чăваш государство педагогика институчĕн акт залĕнче (К. Маркс урамĕ, 38-мĕш çурт).

**ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ ЛЕНИН РАЙОНĔ ТĂРĂХ**
**5-мĕш Привокзальнăй суйлав округĕ**

Виталий Константинович **Орешников**, 1945 çулта çуралнă, Шупашкарти троллейбус управленийĕн начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Илья Яковлевич **Яраблев**, 1938 çулта çуралнă, Шупашкарти экономикăпа технологи техникумĕн директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**6-мĕш Гагарин суйлав округĕ**

Валентин Николаевич **Николаев**, 1919 çулта çуралнă, вăрçăпа ĕç ветеранĕсен Ленин район совечĕн председателĕ, пенсионер, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Александр Викторович **Холяев**, 1957 çулта çуралнă, «Стройтермоизоляция» трестăн ятарлă управленийĕн Шупашкарти участокĕн аслă мастерĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**8-мĕш Новоюжнăй суйлав округĕ**

Владимир Петрович **Глебов**, 1957 çулта çуралнă, «Молодой коммунист» хаçат редакцийĕн корреспонденчĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Евгений Петрович **Жучков**, 1931 çулта çуралнă, Чăваш АССР прокурорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**11-мĕш Канаш суйлав округĕ**

Михаил Федорович **Киселев**, 1945 çулта çуралнă, Чăваш АССР шалти ĕçсен министрĕн пĕрремĕш заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Юрий Николаевич **Кошелев**, 1964 çулта çуралнă, çамрăксен «МЖКстрой» сăнавлă проектпа строительство управленийĕн каменщикĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**12-мĕш Ботанически суйлав округĕ**

Евгений Сергеевич **Калашников**, 1934 çулта çуралнă, Чăваш АССР Государство хăрушсăрлăх комитечĕн председателĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Михаил Гурьевич **Садовников**, 1934 çулта çуралнă, Чăваш республикинчи статистика управленийĕн пай начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**14-мĕш Кăкшăм суйлав округĕ**

Августина Васильевна **Олангина**, 1940 çулта çуралнă, республикăри врачпа физкультура диспансерĕн тĕп врачĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Борис Васильевич **Пичужкин**, 1938 çулта çуралнă, «Чувашавтотехобслуживание» производство пĕрлешĕвĕн директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**18-мĕш Яблоневăй суйлав округĕ**

Галина Александровна **Мемикова**, 1951 çулта çуралнă, Шупашкар хулинчи ачасен шăл сиплекен поликлиникин врачĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Станислав Владимирович **Шалимов**, 1940 çулта çуралнă, халăх депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**КАЛИНИН РАЙОНĔ ТĂРĂХ**
**20-мĕш Комбинат суйлав округĕ**

Валерий Александрович **Капитонов**, 1940 çулта çуралнă, Шупашкарти ССР Союзĕн 60 çул тултарнă ятпа хисепленекен пир-авăр комбиначĕн генеральнăй директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**25-мĕш Восточнăй суйлав округĕ**

Лидия Михайловна **Долгова**, 1937 çулта çуралнă, пурлăхпа техника базин пурăнмалли çурт-йĕр участокĕн [illegible], КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Валерий Павлович **Павлов**, 1938 çулта çуралнă, «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕн медицинăпа санитари чаçĕн тĕп врачĕ;

Анатолий Свиридович **Таранов**, 1948 çулта çуралнă, çар служащийĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**26-мĕш Пионерски суйлав округĕ**

Константин Константинович **Константинов**, 1946 çулта çуралнă, «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕнчи автотранспорт цехĕн водителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Александр Семенович **Кормилицын**, 1924 çулта çуралнă, СССР Перекет банкĕн Шупашкар хулинчи 60-мĕш уйрăмĕн управляющийĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Рюрик Николаевич **Морозов**, 1946 çулта çуралнă, КПСС Шупашкар хула комитечĕн иккĕмĕш секретарĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Галина Владимировна **Никифорова**, 1938 çулта çуралнă, Шупашкарти КПСС XXIV съезчĕ ячĕпе хисепленекен агрегат завочĕн поликлиникин хĕрарăмсен консультацийĕн заведующийĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**35-мĕш Тракторостроевски суйлав округĕ**

Надежда Николаевна **Астраханцева**, 1956 çулта çуралнă, Шупашкарти машиностроительнăй техникум преподавателĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Валерий Васильевич **Елатов**, 1952 çулта çуралнă, «Монолитстрой» проектпа строительство пĕрлешĕвĕн тĕп инженерĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Михаил Иванович **Марков**, 1953 çулта çуралнă, «Спецстройтранс» автотранспорт управленийĕн 7-мĕш автотранспорт предприятийĕн водителĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

**МУСКАВ РАЙОНĔ ТĂРĂХ**
**43-мĕш Ахгзов суйлав округĕ**

Александр Викторович **Лабузов**, 1955 çулта çуралнă, Шупашкарти приборсем тăвакан заводăн медицинăпа санитари чаçĕн тĕп врачĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**50-мĕш Горький суйлав округĕ**

Анна Константиновна **Дунаева**, 1942 çулта çуралнă, «Университетское» кафери повар-бригадир, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Вячеслав Петрович **Юдин**, 1934 çулта çуралнă, Чăваш республикинчи «Рассвет» производствăпа сĕвĕ пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Борис Михайлович **Яковлев**, 1943 çулта çуралнă, КПСС Чăваш обкомĕн социаллă пурнăçпа экономика пайĕн заведующийĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

## ТĂВАН ССР ÇĔРШЫВРА

ТАСС КОРРЕСПОНДЕНЧĔСЕМ ПĔЛТЕРЕÇÇĔ

### Алма-Ата

Тăпрана акас умĕн кĕпкалатмалли çĕнĕ технологи 20 ытла ялхуçалăх культурин вĕрлăхне тăварлă çĕрсен тухăçлăхне ӳстермелли мелиорантсем туса хума пулăшать. Ăна Казах ССР Наукăсен академийĕн Тăпра пулăхне тĕпчекен институт сотрудникĕсем туса хатĕрленĕ. Çак технологипе ӳстернĕ рис тата çĕрулми, кавăн тата ытти культурăсем тăварлă çĕрсенчен хăрамаççĕ, тикĕс шывĕнчен виçĕ хут тăварлĕрах çĕрсем çинче те пысĕк тухăç параççĕ. Вĕрлăхсен тӳсĕмлĕхне ӳстерме хăшпĕр металсен тăварĕсем пулăшаççĕ. Çавна май тăварлă çĕрсене шăварма каякан шыв та перекетленет.

### Красноярск

Красноярскри судоверфьре пĕчĕк юханшывсем çинче усă куракан суднăсен çĕнĕ серийĕнчи пĕрремĕш толкач-теплохода туса хатĕрленĕ. Хăватлă двигатель, тĕзетĕ руль суднăна 2 пин тонна таран тиекен баржăсене çăмăллăнах илсе сӳреме май парать, çавăн пекех вăл пĕр метр тарăнăш шывра та маневр тума пултарать. Каютăсенче шав кăшт çеç илтĕнет. Çулталăк вĕçлениччен Енисейпа Обь юханшывĕсем çинче ĕçлеме ултă теплоход ăсатаççĕ.

### Амур çинчи Комсомольск

Инçет Хĕвелтухăçĕнче те илемлĕ те çирĕп сĕтел-пукан çитменни сисĕнет. Ленинла комсомол ячĕпе хисепленекен суднăсем тăвакан заводра пуçланă реконструкци çак ыйтăва кăштах татса пама пулĕшмалла. Куçта сĕтел-пукан гарнитурĕсен панелĕсене хатĕрлемелли автоматла виçĕ пини хута янă. Вĕсем çулталăкра 400 пин тăваткал метр панель хатĕрлеме пултараççĕ. Сĕтел-пукан производствине тĕпрен модернизацилеме конверси пулăшнă. Çавна май чылай укçа-тенкĕпе мирлĕ продукци валли усă курма май килнĕ. Пĕр вăхăтрах ма... яшсене тесатакан тата вĕсемпе тепĕр хут усă куракан агрегатсен комплексне вырнаçтараççĕ.

### Кишинев

Молдави столицинче «Çăлтăрсем патне» ятпа музыка антологийĕ пичетленсе тухнă. Халиччен кун пек нота кăларăмĕ пулман. Унта...

# ХВАТТЕР МĔНЛЕ ТУЯНМАЛЛА?

**Республикăн пурăнмалли çурт-йĕр программипе килĕшӳллĕн 2000 çул тĕлне хваттер условийĕсене лайăхлатма ыйтакан çемьесене кашниех хваттер е уйрăм çурт памалла.**

Çак ыйтӳ хальхи вăхăтра хваттер черетĕнче тăракан граждансене те, ĕç коллективĕсене те шухăшлаттарать. Социаллă чи кирлĕ задачăна татса памашкăн государствăн тата халăхăн мĕнпур ресурсĕсемпе усă курмалла. Пурăнмалли çурт-йĕре упрани пысăк пĕлтерĕшлĕ. Çакă вăл юрăхсăра тухакан хваттерсен шутне чакарать. Техника инвентаризацийĕ ирттерни кăтартса панă тăрăх, республикăра 246 пин тăваткал метр чухлĕ хваттер — 70 процент таран, 43,4 пин тăваткал метр чухлĕ хваттер — 65 процент таран юрăхсăра тухнă шутланать.

Хальхи вăхăтра государство çурчĕсенче пурăнакан нумай граждансем çурт-йĕре юсама вăхăт çитнипе хăйсене çĕнĕ хваттер пама ыйтаççĕ.

Хваттершĕн тӳлеттерекен укçа çуртсене тĕпрен юсама мар, вĕсене тытса тăма та çитмест. Республикăри вырăнти Советсене пурăнмалли çурт-йĕре тытса тăмашкăн государство çуллен 1,2—1,5 миллион тенкĕ парса тăрать.

1988 çулхи декабрьте СССР Министрсен Совечĕ «Государствăпа обществăн пурăнмалли çурт-йĕр фондĕнчи çуртсенчи хваттерсене граждансене сутасси çинчен» постановлени йышăнчĕ. Ăна совет çыннисен кăмăлне, экономистсен сĕнĕвне тата социализмлă çĕршывсен опытне шута илсе хатĕрленĕ. Çав çĕршывсенче ку меслетпе чылай çул усă кураççĕ ĕнтĕ.

Пĕлтĕрхи апрельте РСФСР Министрсен Совечĕ тата ВЦСПС граждансене хваттерсем сутасси тата çав хваттерсене тытса тăма, вĕсене юсама тухакан тăкаксене тӳлесси çинчен Положени çирĕплетнĕ. Çак документсене тĕпе хурса, пирĕн республикăра та Положени туса хатĕрленĕ. Чăваш АССР Министрсен Совечĕ тата облпрофсовет «Чăваш АССРĕнче граждансене государствăн тата обществăн пурăнмалли çурт-йĕр фондĕнчи çуртсенчи хваттерсене сутмалли йĕркепе условисене» çирĕплетнĕ.

Çынсене хваттер (çурт) сутма республикăра мĕнле йĕрке туса хунă-ха? Чи малтанах, хваттер илме черетре тăракансене лăплантармалла. Кунта сăмах çĕнĕ хваттерсем сутас тата хваттер туянмалли черет туса хурас пирки пымасть. Çавăн пекех çын çĕнĕ хваттер илмĕ хыççăн пушанă е вырăнти Советсен, е ведомствăсен укçипе тунине юсанă хваттерсем çинчен те сăмах пымасть. Черетре тăракансем пурте çирĕплетнĕ йĕркепе хваттер илмелле. Хваттере государство е ведомство çуртĕнче (анчах служба пӳлĕмĕнче мар) пурăнакансем, хваттер йышăнма тин çеç ордер илнисем хăйсен хваттерне туянма пултараççĕ. Граждансене хваттерсем сутнă чухне çакна шута илмелле: пĕр çемьен пĕр хваттер е уйрăм пĕр çурт кăна йышăнма право пур.

Коттеджсем, нумай хваттерлĕ çуртсенче хваттер туяннă çынсем хапăрлăх хуçи пулса тăраççĕ: вĕсен çав коттеджсене, хваттерсене сутма, парнелеме, тăванĕсене, ачисене, мăнукĕсене парса хăварма право пур. Хваттер туяннă гражданин çав хваттерĕн хуçи пулса тăрать, вăл унпа хăйĕн çурчĕ пекех усă курма пултарать.

## ЫЙТĂР—ОТВЕТЛЕТПĔР

Çурта реконструкцилес е тĕпрен юсас тĕллевпе çынсене пурне те куçарса кайнă çуртсенчи хваттерсене сутмалли тата сутăн илмелли йĕрке урăхларах. Çав çуртсенче хваттер туянас текенсене предприятисенче тата халăх депутачĕсен вырăнти Советĕсен ĕçтăвкомĕсенче уйрăммăн шута илеççĕ. Хваттерсене чи малтанах хваттер условийĕсене лайăхлатма шута илнĕ çынсене сутаççĕ. Аслă Отечественнăй вăрçа хутшăннисен, вилнĕ çар çыннисен çемйисен тата вĕсемпе танлаштарнă çынсен, производствăра малта пыракансен, служба хыççăн та çартах юлнă çар çыннисен, прапорщиксемпе офицерсен, запаса тухнă çар çыннисен, действительнăй службăра е шалти ĕçсен органĕсенче ĕçлеме пăрахнă çынсем черетре маларах хваттер туянма пултараççĕ. Пĕтĕмлетсе каласан, хваттер чи малтан илме право пуррисем хваттер туяннă чухне те çак правăпа усă кураççĕ.

Массăллă серипе чи малтанхи вăхăтра туса лартнă, халĕ реконструкцилемелли çуртсенчи хваттерсене республикăри хула çыннисен XIII пилĕкçуллăхра кăна туянма май пулать.

Хваттерсене кам сутать-ха? Хваттер е çурт туянас текенсен кам патне каймалла? Хваттер е çурт сутакансем — пурăнмалли çурт-йĕр фончĕн хуçисем: халăх депутачĕсен вырăнти Советĕсен ĕçтăвкомĕсем, пĕрлешӳсем, предприятисем, организацисем. Хваттер е çурт туянма шутлакансене вĕсем шута илеççĕ, вĕсемех сутмалли хваттерсемпе çуртсен списокне туса хатĕрлеççĕ.

Граждансене хваттерсем сутса пухăнакан укçана пурăнмалли çурт-йĕрпе ĕçлекен организацисем хула (район) бюджетне хываççĕ, предприятисен шучĕпе туса лартнă çуртсенчи хваттерсене сутса пухăнакан укçана çав предприятисен социаллă аталану фондне хываççĕ, унпа пурăнмалли çурт-йĕре юсама тата реконструкцилеме усă кураççĕ. Çурта е хваттере сутиччен малтан унăн хакне палăртмалла. Ку ĕçе хак комиссийĕсем пурнăçлаççĕ. Вырăнти Советăн хак комиссийĕнче ĕçтăвком председателĕн заместителĕ (комисси председателĕ), финанс органĕн тата пурăнмалли çурт-йĕрпе усă курассине йĕркелесе тăракан организаци представителĕсем пулаççĕ. Кирлĕ пулсан, хак комиссийĕсене техникăлла инвентаризаци бюровĕнче, проект организацийĕсенче ĕçлекенсене тата ытти специалистсене кĕртеççĕ. Хак комиссийĕн ĕçĕн результачĕсем тăрăх хваттер сутмалли хак пирки акт çыраççĕ. Кашни конкретлă хваттерĕн хакне ятарласа хатĕрленĕ методика тăрăх палăртаççĕ. Хваттер хакне унăн проектсенче сметăра кăтартнă хакĕ тăрăх, хальхи хаксене, çурт мĕнле категорие кĕнине, миçе хутлă пулнине, ăçта вырнаçнине, таврари çутçанталăк мĕнле пулнине шута илсе, тӳрлетӳ коэффициенчĕсемпе усă курса, палăртаççĕ.

Хваттерсене кирек кам та туянма пултартăр тесе, вĕсене 10 çул хушшинче тӳлесе татмалла сутаççĕ. Чи малтанах хваттере сутмалли хакăн çуррине кая мар тӳлемелле. Ытти пайне договорта кăтартнă срoксенче договора техникăлла инвентаризаци бюровĕнче регистрациленĕ уйăх хыççăнхи уйăхран пуçласан, пĕр пек виçепе тӳлесе пымалла. Хваттерпе хăвăртрах хуçа пулас тесен, пĕтĕм хака тӳрех тӳлесе татма та юрать. Тӳлеме кая хăварнă укçана пурĕ-пĕрех шыраса илеççĕ, вăхăтра тӳлемен укçашăн хваттер хуçин çулталăкра 3 процент чухлĕ ытлашши тӳлемелле пулать. Хваттер сутас пирки граждансемпе договор тăвасси, вĕсенчен укçа илесси, çав укçана шута илсе пырасси — пурăнмалли çурт-йĕрпе усă курассине йĕркелесе тăракан организацисен тивĕçĕ.

Эсир çурт туянтăр е нумай хваттерлĕ çуртăн пĕр пайĕн хуçи пулса тăтăр, кӳршĕсемпе пĕрле уйрăм çурт хуçисен юлташлăхне туса хутăр пулсан, сирĕн ума çĕнĕ ыйтӳ тухса тăрать: çурта мĕнле тытса тăмалла, мĕнле юсамалла? Çак йывăрлăхран хăтăлма пурăнмалли çурт-йĕрпе усă курассине йĕркелесе тăракан государство е кооперации организацийĕпе çурта е хваттере техника тĕлĕшĕнчен пăхса тăрас пирки договор тумалла. Государство организацийĕсем пурăнмалли çуртсемпе хваттерсене государство хакĕсемпе пăхса тăраççĕ тата юсаççĕ, кооперации организацийĕсемпе вара хаксем пирки договор тумалла пулать. Çуртсене тата хваттерсене ăшăтнăшăн, электроэнергишĕн, газшăн, шывшăн, канализацишĕн çурт е хваттер хуçисен государство тарифĕсем тăрăх тӳлемелле. Хваттерсен хуçисем, мĕнле лаптăк йышăннине кура, пĕтĕм çурта техника тĕлĕшĕнчен пăхса тăрассипе тата юсассипе, çав шутра тĕпрен юсассипе çыхăннă тăкаксене саплама хутшăнаççĕ.

Çапла ĕнтĕ, хваттерте пурăнакан çав хваттере туянма шутласан, унăн:

— пурăнмалли çурт-йĕрпе усă курассине йĕркелесе тăракан организацие заявлени тата çемьен çитĕнсе çитнĕ мĕнпур членĕсем хваттере туянассипе килĕшни çинчен пĕлтерсе йышăннă обязательствăсене памалла;

— РЭУна хваттер хакне малтанлăха палăртас тĕлĕшпе ĕçленĕшĕн тӳлемелле;

— хваттерĕн РЭУ палăртнă хакĕпе хваттер туянакан килĕшет пулсан, РЭУ райĕçтăвкомăн расчет комиссине расчет тăратать;

— хак комиссийĕ хваттере сутмалли хак пирки акт çырса хатĕрлет;

— ĕçтăвком хваттере сутас пирки решени йышăнать, хваттере сутмалли хак пирки çырнă акта çирĕплетет;

— райĕçтăвком, хула Советĕн ĕçтăвкомĕ хваттере сутас пирки йышăннă решени тăрăх РЭУ хваттер туянакanпа договор тăвать, государство нотариусĕ договора çырса йĕркелет;

— договор тумашкăн хваттер туянаканăн хваттере туянас пулсан унăн 10 пин тенкĕрен иртекен хакне палăртнă срoксенче тӳлесе татас пирки обязательство, финанс органĕсенчен тупăшсем пирки пĕлтерни çинчен справка тăратмалла;

— договора техника инвентаризацийĕн тивĕçлĕ бюровĕнче регистрацилемелле.

Юлашкинчен, хваттер хуçин хăйĕн хваттерне техника енчен пăхса тăрас пирки çурт хуçипе договор тумалла. РЭУ хваттере техника тĕлĕшĕнчен пăхса тăрас пирки договор тăвать, хваттер хуçи çавăншăн тӳлет.

Государство хваттерĕсене уйрăм çынсене сутма тытăннă ĕнтĕ. Çĕнĕ Шупашкарта, Куславккара, Улатăрта 89 гражданин хăтлă хваттерсемпе çуртсен хуçисем пулса тăнă.

**Ю. СОЛОВЬЕВ,**
**Чăваш республикинчи пурăнмалли çурт-йĕрпе коммуналлă хуçалăх пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕн заместителĕ.**

## УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

### «Çавра сĕтел» хушшинче

БЕРЛИН, январĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Германи Республикинчи чи паллă 16 партипе политикăллă группировкăсен тата обществăлла организацисен представителĕсем паян ултă хутчен «çавра сĕтел» хушшине пухăннă. Вĕсем наци хăрушсăрлăхĕн ведомствине салатса ярас пирки йышăннă решени мĕнле пурнăçа кĕрсе пынине тата шалти политикăн чи кирлĕ ытти ыйтăвĕсене пăхса тухасшăн.

Малтанхи кун оппозицири хăшпĕр партисен представителĕсем «çавра сĕтел» усăллă мар, вăл республикăри çĕнетӳ процесне чăрмантарать кăна, тесе ĕнентернĕ. Анчах ГДР Министрсен совечĕн председателĕ Ханс Модров çакăнпа килĕшесшĕн мар. Австрири телевидени представительне вăл çапла каланă: çĕршыври малта пыракан политикăллă вăйсем килĕштерсе ĕçлемелли çак формăна правительство пысăка хурса хаклать. Ку формăпа эпир пĕлтĕрхи декабрĕн 7-мĕшĕнчен пуçласа усă куратпăр, терĕ Х. Модров. «Çавра сĕтел» хушшинчи калаçусенче демократилле юхăмсем пĕр-пĕрин шухăшĕпе уççăн паллашма майсем пур. Халлĕхе вĕсен представителĕсене государство органĕсене кĕртмен-ха.

### Джон Кеннедие кам вĕлернĕ?

Джон Кеннеди президента кам вĕлернĕ? «Ĕмĕр преступленийĕ» çынвĕлерен пĕччен çыннăн терророла ĕçĕ пулнă-и, Уоррен комиссийĕ ирттернĕ тĕпчев общественноçа мĕн çинчен ĕнентерме хăтланнă? Е президента преступниксем кавар туса вĕлернĕ-и?

1963 çулхи ноябрĕн 22-мĕшĕнче Техас штатĕнчи Даллас хулинчи Дили-Плаза урамĕнче США президенчĕсенчен чи çамрăкки пулнă 43 çулхи Джон Кеннеди пурнăçне татнă хăрушă событи пулнăранпах Америка историйĕнчи чи тискер те чи вăрттăн çав преступленипе çак вăхăтченех тимлĕ интересленеççĕ. Çак преступление США-ра официаллă органсем тата уйрăм çынсем нумай хутчен тĕпченĕ, телевидени документлă тата илемлĕ фильмсем нумай ӳкернĕ. Конгресс библиотекинче мана Кеннеди вилĕмĕ çинчен çырнă 253 кĕнеке упранни çинчен пĕлтерчĕç. Анчах вĕсенчен пĕринче те преступленин чăн-чăн организаторĕ тата тискер ĕçе пурнăçлаканĕ кам пулни çинчен тĕрĕссине пĕлтермен. Американецсенчен нумайăшĕ Уоррен комиссийĕн шухăшне ĕненмест, президента унăн политикипе килĕшмен хăватлă вăйсем кавар туса вĕлернĕ, тесе шутлать.

Çак шухăша Техасри университет преподавателĕ Джим Маррз нумаях пулмасть çырнă кĕнеке çирĕплетсе парать. Автор политикăллă ĕçшĕн çын вĕлернисене тĕпчес енĕпе специализациленсе пырать. Хăйĕн кĕнекине вăл «Икĕ енчен пени. Кеннеди пурнăçне татнă кавар» ят панă. Вăл «Ĕмĕр преступленийĕн» тупсăмне тупма хăтланать. Кеннедие оптика прицелĕ лартнă винтовкăпа хĕçпăшалланса шкул учебникĕсен складне пытаннă Ли Харви Освальд вĕлермен пулсан, ăна Тĕп разведка управленийĕн çурма автоматла хĕçпăшаллă агенчĕсем вĕлерме пултарнă, тесе шутлать вăл.

Маррз çапла шутлать: президент лайăх организациленнĕ преступниксем çар искусствин мĕнпур правилисене пăхăнса хатĕрленĕ танатана çакланнă. Çав преступниксене Пĕрлешӳллĕ Штатсен правительствинчи ... вăл Пĕрлешӳллĕ Штатсен çар, банк, правительство руководствинчи, разведка ушкăнĕсенчи пĕр шухăшлă хăватлă вăйсен ушкăнĕн каварĕ пулнă. Вĕсем мафиозин хăйсене парăннă агенчĕсене çĕршывăн ĕç тăвакан влаçĕн пуçлăхне вĕлерме хушнă».

Маррз çапла шутлать: США-ра политикăллă влаçра чи çӳлте тăраканĕ, уйрăммăн илсен, Кеннеди вырăнне президент пулса тăнă Линдон Джонсон, е йĕрлекен федеральнăй бюровĕн ун чухнехи директорĕ Эдгар Гувер. Кеннедие пĕччен çын вĕлернĕ, тесе ĕнентермешкĕн Кеннеди пуçĕнчи сурансене хирурги меслечĕпе улăштарма хушнă пулмалла. Президент çине тĕрлĕ енчен пенĕ. Перекенсем профессиллĕ чӳнилисем пулнă. Вĕсен шутĕнче каярахпа Освальдо тĕллесех персе вĕлернĕ Джек Руби те пулма пултарнă. Автор вĕсене çакăн пек условнăй ятсем панă: «эмблемăллă çын», «хура йытăллă çын», «аманнă виççĕмĕш çын», «алăк кăшкарĕнчи çын» тата ытти те. «Джек Рубие те, ФБР директорне Эдгар Гувера та, Линдон Джонсона та Кеннедие вĕлермешкĕн хутшăнма пултарнă çынсен шутĕнчен кăларма çук», — тесе шутлать Маррз.

Темиçе тапхăрпа ирттернĕ экспертиза даннăйĕсемпе полици протоколĕсем тăрăх, нумай тĕслĕхсемпе усă курса, Маррз çакна ĕненмелле çирĕплетсе парать: «президента тĕллесе пенисен хăвăртлăхĕ пĕр çын тĕллесе темиçе хутчен пеме пултарнин хăвăртлăхĕпе ниепле те килĕшсе тăмасть».

Дж. Маррз халиччен никамах та пĕлмен çакăн пек тĕслĕх илсе кăтартать. Дили-Плаза урамĕнче халăх хушшинче президент кортежне сăнаса тăнă пĕр çын аллинче, пистолетран пени илтĕнсе кайиччен секкунт маларах, сасартăк сунчăк уçăлса кайнă та самантрах хупăннă. Автор шухăшĕпе, çакă вăл Кубăна хирĕç тăра кĕрешнĕ контрреволюционерсене Америкăн çар самолечĕсене ярса пулăшма килĕшмен президента тавăрас тĕллевпе вĕлерме сигнал пани пулнă. Контрреволюционерсем Ирĕклĕх утравĕн территорине Кочинос заливĕнче вăл плана тĕплĕн пĕлмен. Мĕншĕн тесен план ун умĕнхи президент Эйзенхауэр палăртса хатĕрленĕскер пулнă. Кочинос заливĕнчи операци путланса ларнишĕн чăннипе илсен Тĕп разведка управленийĕн директорне Даллеса пăхăннă çынсем айăплă. Вĕсем тактикăпа стратеги тĕлĕшĕнчен чылай йăнăшсем тунă.

Америкăн вăрттăн службисем енĕпе ĕçлекен эксперт Питер Уайден шутланă тăрăх, чи малтанах ЦРУ Куба правительствинчи лару-тăрăва тата кубинецсен шухăш-кăмăлне тĕппĕн пĕлме тăрăшман. «Виççĕмĕш тĕнчери» государствăсемпе тытăçмалла пулса тухсан кашни хутĕнчех Америкăн политика деятелĕсем çак йăнăша тăваççĕ. «Вĕсем американецсем пулса çуралманшăн кăна çылăхлă халăхсен шухăш-кăмăл çирĕплĕхне тĕрĕс хаклаймаççĕ». — тесе çырать П. Уайден.

Уоррен комиссийĕ Освальд пĕччен пулнă, тесе ĕнентернине те автор сивлет. Хăйĕн шухăшĕ тĕрĕс пулнине çирĕплетсе пама вăл «Вашингтон пост» хаçат 1983 çулта общественность шухăшне ыйтса пĕлнин результачĕсене илсе кăтартать. Хăйсен шухăшне пĕлтернисен 80 проценчĕ ытла Кеннедие аслă вырăнти çынсем кавар туса вĕлернĕ, тесе шутлать.

Маррз ĕнентернĕ тăрăх, Уоррен комиссине официаллă Вашингтон хăйне кирлĕ пек вывод тутарас тесе хытă хĕснĕ. Комисси членĕсене хăратма ЦРУ пуçлăхĕ Гувер вĕсенчен кашни пирки вăрттăн документсем хатĕрленĕ, çак ĕçе вăл комисси доклачĕ пичетленсе тухнă хыççăн та малалла туса пынă. Ĕçе тĕпчеме Пĕрлекен федеральнăй бюро та чăрмантарнă, тесе çырать автор.

«Ĕмĕр „преступленийĕ" тăрăшыв çине тухĕ-и? Кун пирки эпĕ питĕ иккĕленетĕп. — терĕ мана Америкăри паллă тĕпчевçĕ Дэвид Шейм. Вăл Джон Кеннеди пурнăçĕпе вилĕмĕ çинчен «Америка пирки тунă контракт» ятлă кĕнеке çырнă. —Чĕрĕк ĕмĕр ытла ĕнтĕ Кеннеди президент вилĕмĕ государствăн çав тери хытă сыхланакан вăрттăнлăхĕсенчен пĕри шутланать. Тĕрлĕрен сăлтавсе-

## ĔÇЛĔ КАЛАÇУ

Ача-пăчана ырă-сывă пăхса ӳстересси общество пурнăçĕнче ... нĕнчи ашшĕ-амăшĕсен комитечĕн председателĕсем...

## Ырă ята тивĕçлĕ

КОМСОМОЛЬСКИ «Коо...

...малла. Кунта сĕтел-пукан гарнитурĕсен панелĕсене хатĕрлемелли автоматла виçĕ пин хута янă. Вĕсем çулталăкра 400 пин тăваткал метр панель хатĕрлеме пултараççĕ. Сĕтел-пукан производствине тĕпрен модернизациллеме конверси пулăшнă. çавна май чылай укçа-тенкĕпе мирлĕ продукци валли усă курма май килнĕ. Пĕр вăхăтрах кашкене тасатакан тата вĕсемпе тепĕр хут усă куракан агрегатсен комплексне вырнаçтараççĕ.

## Кишинев

Молдави столицинче «Çăлтăрсем патне» ятпа музыка антологийĕ пичетленсе тухнă. Халиччен кун пек нота кăларăмĕ пулман. Унта Молдавипе Румыни композиторĕсен романсĕсемпе юррисене, Михаил Эминеску сăввисемпе XIX ĕмĕр вĕçĕнче — XX ĕмĕр пуçламăшĕнче халăх хывнă кĕвĕсене кĕртнĕ. Антологире Молдавири хальхи композиторсен пĕчченн тата хорпа юрламалли произведенийĕсем те пур. Вăл Эминеску поэзине тĕпе хурса çырнă 100 музыка произведенийĕпе паллаштарать.

## Пенза

«Пензаводопром» пĕрлешӳ полиэтилен пăрăхсем кăларакан пысăк цехпа пуянланнă. Ку пăрăхсемпе ялсене газ кĕртмешкĕн тата çĕрсене мелиорацилемешкĕн усă кураççĕ. Çĕнĕ цех çулталăкра 500 километр пăрăх хатĕрлеме пултарать. Ку продукципе Пенза облаçĕпе çывăхри облаçсенчи ял ĕçченĕсем усă курĕç.

## Кинешма

Иваново облаçĕнчи Кинешма районĕнче çул-йĕр строительствин программине икĕ тапхăрпа пурнăçлаççĕ. Пĕрремĕш тепхăрта Кинешмăна мĕнпур тĕп усадьбăсемпе лайăх çул-йĕрпе сыхăнтарма палăртнă пулнă. Ку программăна Атăлĕн сылтăм енчи 14 хуçалăхра пурнăçланă. Халĕ хуçалăхсенчи шалти çулсене тăваççĕ. Ял Совечĕсем çул-йĕр тăвакансене пулăшнипе пĕрлех вĕсене çывăхри ялсене тирпей-илем кĕртме те хутшăнтараççĕ.

## Саранск

Мордва государство филармонийĕн «Келу» («Хурăн») фольклор ансамблĕн артисчĕсем Горький, Оренбург, Пенза тата ытти облаçсенче пурăнакан ентешĕсене мордвасен авалхи искусствипе савăнтарнĕ. Пĕрремĕш хут ирттернĕ тĕллевлĕ гастрольсем вăхăтĕнче 50 концерт лартса панă. Ку ансамбль вунă çул каялла хора çӳреме юратакансен кружокĕнчен чăмăртаннă. Вăл часах мордва халăх юррисене репертуара кĕртнĕ, ăсталăхна ӳстернĕ. «Келу» ансамбль юрă фольклорне пропагандăлама нумай тăрăшнăшăн коллектива Мордва АССРĕн 1989 çулхи государство премине панă.

Çынсене хваттер (çурт) сутма республикăра мĕнле йĕркепе туса хунă-ха? Чи малтанах, хваттер илме черетре тăракансене ăнлантармалла. Кунта сăмах çĕнĕ хваттерсем сутас тата хваттер туянмалли черет туса хурас пирки пымасть. Çавăн пекех çын çĕнĕ хваттер илнĕ хыççăн пушаннă е вырăнти Советсен, е ведомствăсен укçипе тенкипе юсанă хваттерсем çинчен те сăмах пымасть. Черетре тăракансем пурте çирĕплетнĕ йĕркепе хваттер илмелрăнмалли çурт-йĕр фончĕн хуçисем: халăх депутачĕсен вырăнти Совечĕсен ĕçтăвкомĕсем, пĕрлешӳсем, предприятисем, организацисем. Хваттер е çурт туянма шутлакансене вĕсем шута илеççĕ, вĕсемех сутмалли хваттерсемпе çуртсен списокне туса хатĕрлеççĕ.

Гражданскене хваттерсем сутса пухăнакан укçана пурăнмалли çурт-йĕрпе ĕçлекен организацисем хула (район) бюджетне хываççĕ, предприкелесе тăракан организацисен тивĕçĕ.

Эсир çурт туянтăр е нумай хваттерлĕ çуртăн пĕр пайĕн хуçи пулса тăтăр, кӳршĕсемпе пĕрле уйрăм çурт хуçисен юлташлăхне туса хутăр пулсан, сирĕн ума çĕнĕ ыйту тухса тăрать: çурта мĕнле тытса тăмалла, мĕнле юсамалла? Çак йывăрлăхран хăтăлма пурăнмалли çурт-йĕрпе усă курассине йĕркелесе тăракан государство е кооперации организацийĕпе çурта е хваттере техника ... са тăрас пирки договор тăвать. хваттер хуçи çавăншăн тӳлет.

Государство хваттерĕсене уйрăм çынсене сутма тытăнни ĕнтĕ. Çĕнĕ Шупашкарта, Куславккапа, Улатăрта 89 гражданин хăтлă хваттерсемпе çуртсен хуçисем пулса тăнă.

Ю. СОЛОВЬЕВ,
Чăваш республикинчи пурăнмалли çурт-йĕрпе коммуналлă хуçалăх пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕн заместителĕ.

# ĔÇЛĔ КАЛАÇУ

Ача-пăчана ырă-сывă пăхса ӳстерессн общество пурнăçĕнче яланах ответлă та пархатарлă ĕç пулнă. Хальхи вăхăтра шкул çулне çитмен ачасем ытларах яслисемпе ача сачĕсенче çитĕнеççĕ. Кунта вара татса паман ыйтусемпе чăрмавсем те сахал мар-ха.

Тӳрех калас пулать, нумай çĕрте ашшĕ-амăшĕсен комитечĕсене ячĕшĕн çеç йĕркеленĕ. Çавна май, ача-пăчана кирлĕ пек пăхса çитĕнтерес ĕçре вĕсен ролĕпе ответлăхне ӳстермелле. Шăпах çак ыйтусемпе иртрĕ те «Чувашстрой» пĕрлешĕвĕн Шупашкарти 75-мĕш ача садĕнче Ленин районĕнчи ашшĕ-амăшĕсен комитечĕн председателĕсемпе вĕсен членĕсен семинарĕ. Ăна конкурс-ăмărту евĕрлĕ йĕркеленĕ.

Комитет председателĕсемпе членĕсем, çавра сĕтел хушшипе ларса, ача-пăчана пăхса çитĕнтерес, воспитани парас ĕçпе çыхăннă ыйтусем çинче тивĕçлĕ ответсем пама тăрăшрĕç.

Эксперт комиссийĕ вĕсен ответĕсене тивĕçлипе хакларĕ. Семинар-конкурса педагогика наукисен кандидачĕ, Мускаври Ленин ячĕпе хисепленекен педагогика институчĕн преподавателĕ С. Ляпидевская ертсе пычĕ.

Ю. ЮРЬЕВ.

## Ырă ята тивĕçлĕ

КОМСОМОЛЬСКИ. «Кооператор» производство комбиначĕ çулталăк пуçланнăранпах кал-кал ĕçлет, продукци туса кăлармалли плана ӳстерсе пырать. Изделисен пахалăхĕ те лайăхланнă.

Чăвашпотребсоюз системинчи çак комбината «Пысăк культурăллă предприяти» ят панă.

Предприятире 15 тĕрлĕ тутлă шыв туса кăлараççĕ. Ассортимент анлăланать. Кăçал «Исинди» текен шыв туса кăларма тытăннă. Сăра сорчĕ те тăххăра çитнĕ.

Районти ĕççыннисем кăлпасси туянма хулана каймаççĕ, ăна вырăнтах кирлĕ чухлĕ туянма пулать. Кăлпасси цехĕнче «Роменская», «Аппетитная», «Диетическая», «Мичуринская» тата ытти кăлпасси туса кăлараççĕ. Кондитер цехĕнче ачасем валли фигурăллă карамель кăлараççĕ.

Кукурузăран апат-çимĕç туса кăларакан цех та ытти сенчен юласшăн мар. Плана 102 процент тултарнă. Продукцие Патăрьел, Елчĕк, Шăмăршă районĕсенчи суту-илӳ организацийĕсем çийĕнчех илсе каяççĕ.

Н. КВАСОВ.

### Редакцие килнĕ çырусем

# ВĔÇНЕ ÇИТЕРМЕРĔÇ

Кăçал çу кунĕсенче «Искра» колхоза Шупашкарти 50-мĕш мехколонна электрикĕсем килсе çитрĕç, ялсенчи кивелнĕ юпасемпе пралуксене çĕнĕрен улăштарма тытăнчĕç. Малтанхи кунсенче лайăх ĕçлерĕç. Ирхине ĕçе тухса кайнă чух урамсем ĕлĕкхи пекехчĕ, кăнтăрлахи апата килнĕ çĕре çĕнĕ юпасем лартса та тухнă. Тепĕр кунхине пралуксене юпасем çине карса хунă. Чун савăнчĕ, ĕç-пуç каплах пырсан, çутăсăр эрне те лармăпăр, теттĕмĕр.

Иртерех савăннă иккен. Электриксем тимĕр шапашунă евĕр ĕçлеме тытăнчĕç. Электролинисене трансформатортан тухакан пралуксемпе сыхăнтармалли кăна юлнăччĕ. «Халĕ эсир пĕр хушă çутăсăр та пурăнăр, эпир Паньтăка кайса киввисене аркатса, çĕннисене майлаштарар», терĕç пулас. Паньтăк ялĕнче те çав ĕçех тума тытăнчĕç. Кунта та пуçламăш ĕçсене хăвăрт туса пĕтерчĕç те тепĕр яла, Хирлӳкассине, куçрĕç.

Хирлӳкассисем те халĕ уйăх ытла ĕнтĕ çутăсăр, радиосăр пурăнаççĕ, кам краççын лампипе, кам хунарпа, е çуртапа вăрăм каçсене ирттереççĕ. Ачасене питĕ шел. Шкултан тĕттĕм пулас умĕн кăна таврăнаççĕ, уроксем тунă чухне вара, краççын çутине хăнăхманскерсем, сăмсисене тетрадь çумне перĕнтерсех çырса лараççĕ.

Хирлӳкассинче икĕ трансформатор. Йĕркеллĕ, этемле ĕçлес пулсан, ялăн çур пайне сӳнтерсе электролинине улăштармаллаччĕ те, тепĕр çуррине кайран тумаллаччĕ. «Хамăр камне кăтартар», терĕç пулас, пĕтĕмпех аркатса тăкрĕç электриксем, хăйсем таста кайса çухалчĕç.

Чăнах та, вĕсем ялти икĕ трансформатортан пĕчĕк урамсене çутă парса хăварнă, ялăн 15 проценчĕ электроçутăпа усă курать, ыттисем...

Çирĕм-çирĕм пилĕк çул каярах та 50-мĕш мехколоннăри электриксене ырăпах асăнмастчĕç. Ун чухне те вĕсем туса çитерейменн ĕçсене Горькири 5-мĕш мехколонна рабочийĕсем пулăшнипе йĕркелесе пĕтерчĕç. Халĕ те çӳлте асăннă мехколонна руководителĕсем ĕлĕкхи йăлана йĕркене улăштарасшăн мар пулас. Пĕр çĕрти ĕçе вĕçлемесĕрех, тепĕр çĕре пырса сăмсине чикеççĕ.

Хирлӳкасси ялĕн пĕр трансформаторĕ çывăхĕнчех магазин, медпункт, клуб тата пуçламăш шкул вырнаçнă. Хăçанччен вĕсем тата ял çыннисем электричествăсăр нушаланĕç-ши?

В. КУКУШКИН,
Хĕрлĕ Чутай районĕнчи халăх контроль комитечĕн штатра тăман инспекторĕ.

## СССР Министрсен Советĕнче

СССР Министрсен Совечĕ 1990 çулхи январĕн 10-мĕшĕнчен пуçласа ювелир изделийĕсен т... хаклă йышши металсенчен тăвакан изделисен ваккăн сутмалли хакне вăтамран 50 процент таран ӳстерессн çинчен решени йышăннă. Çак йĕркепе халăхран туянакан хаклă йышши металсен хакне те ӳстереççĕ.

Хаксене ӳстернипе пухăннă хушма тупăшпа 1990 çул валли палăртнă социаллă пурнăç программине пурнăçлама усă кураççĕ.

## СССР Финанс Министерствинче

СССР Финанс министерстви СССР Министрсен Совечĕ ирĕк панипе государство, кооперации тата ытти обществăлла предприятисемпе организацисенче, кредит учрежденийĕсенче хăйсен ирĕкĕпе вырнаçтармашкăн государствăн 1990 çулхи 5 процентлă шалти заемне кăларать. Çак заемăн сутăн илекен облигацийĕсемшĕн предприятисемпе организацисен аллинче юлакан укçа-тенкĕ шутĕнчен тӳлеççĕ. Вĕсем тăрăх илекен тупăша çак облигацисене туяннă предприятисемпе организацисен тупăшĕн пĕтĕмĕшле суммин шутне кĕртеççĕ. Тиража тухнă облигацисем тăрăх вĕсен хуçисене укçăн малтанхи хакне тӳлеççĕ. Ăна облигацисене туянма илнĕ укçа-тенкĕ счечĕ çине куçараççĕ.

# ИКĔ ЕНĔШĔН ТЕ УСĂЛЛĂ

Канаш районĕнчи Уйкас ялĕ пысăк мар. Çынсем пурăнакан 100 яхăн кил шутланать. Ял хуларан вунă çухрăмра вырнаçнă, çавăнпа пушă ларакан килсем çукпа пĕрех.

Çапах та хайĕн нушисемсĕр мар Уйкас. Магазин çук. Çимелли-тăхăнмаллине çывăхри Канашрах илме пулать-ха. Анчах «талон таварĕсене» хулара памаççĕ-çке ял çыннисене. Супăнь-порошокпа сахăр туянма виçĕ çухрăмри Кармали ялĕнчи магазина кайма тивет. Çамрăксемшĕн — уçăлмалăх, тенĕ пек. Ваттисене-чирлисене вара кансĕр. Вĕсем те çав магазина танккаççĕ.

Ял çумĕнчех унччен Мăкăр разъезчĕ пулнăччĕ. (Мускав—Хусан чугун çулсинче икĕ çул тусан, ăна хупрĕç)... Горький чугун çулĕн ОРСĕн 56-мĕш магазинне те туса лартнăччĕ. Разъезда хупсан, магазин кирлĕ пулмарĕ пулас. Иккĕмĕш çул ĕнтĕ вăл пушă ларать. Кирпĕчрен тунăскере, пăсма та шел.

Уйкасра пурăнакансем суту-илӳ пуçлăхĕсене çапла сĕнӳ пăраççĕ: ку ялта çĕнĕ магазин çурчĕ тума кирлĕ мар. ОРС магазинĕ пулнă çурта Канаш райповĕн сутăн е арендăна илмелле. Ку икĕ енĕшĕн те усăллă пулĕччĕ. Паллах, ял çыннисемшĕн те.

Ял çыннисем ыйтнипе —
В. ГРИГОРЬЕВ.

...циализациленсе пырать. Хăйĕн кĕнекине вăл «Икĕ енчен пени. Кеннеди пурнăçне татнă кавар» ят панă. Вăл «Ĕмĕр преступленийĕн» тупсăмне тупма хăтланать. Кеннедие оптика прицелĕ лартнă винтовкăпа хĕçпăшалланса шкул учебникĕсен складне пытаннă Ли Харви Освальд вĕлермен пулсан, ăна тĕп разведка управленийĕн çурма автоматла хĕçпăшаллă агенчĕсем вĕлерме пултарнă, тесе шутлать вăл.

Маррз çапла шутлать: президент лайăх организациленнĕ преступниксем çар искусствин мĕнпур правилисене пăхăнса хатĕрленĕ танатана çакланнă. Çав преступниксене Пĕрлешӳллĕ Штатсен правительствинчи аслă вырăнти ĕçлĕ çынсем активлă пулăшнă. Политикăллă çак тискер ĕçе тĕплĕн тишкерсе, автор çакăн пек ыйту лартать: «Кам тунă çак преступленине?» Хăех ответлет: «Ку ...сем денисен хăвартлăхĕ пĕр çын тĕллесе темиçе хутчен пеме пултарнин хăвăртлăхĕпе ниепле те килĕшсе тăмасть».

Дж. Маррз халиччен никамах та пĕлмен çакăн пек тĕслĕх илсе кăтартать. Дили-Плаза урамĕнче халăх хушшинче президент кортежне сăнаса тăнă пĕр çын аллинче, пистолетран пени илтĕнсе кайиччен çеккунт маларах, сасартăк сунчăк уçăлса кайнă та самантрах хупăннă. Автор шухăшĕпе, çакă вăл Кубăна хирĕç тапа кĕрешнĕ контрреволюционерсене Америкăн çар самолечĕсене ярса пулăшма килĕшмен президента тавăрас тĕллевпе вĕлерме сигнал пани пулнă. Контрреволюционерсем Ирĕклĕх утравĕн территорине Кочинос заливĕнчен кĕрсе кайма шутланă пулнă.

Кубăна тапăнмалли плана пурнăçа кĕртессишĕн хăй политика тĕлĕшĕнчен ответлă пулнине Кеннеди йышăннă. Ан... Комисси членĕсене хăратма ЦРУ пуçлăхĕ Гувер вĕсенчен кашни пирки вăрттăн документсем хатĕрленĕ, çак ĕçе вăл комисси докладĕ пичетленсе тухнă хыççăн та малалла туса пынă. Ĕçе тĕпчеме Йĕрлекен федеральнăй бюро та чăрмантарнă, тесе çырать автор.

«Ĕмĕр „преступленийĕ" тăрă шыв çине тухĕ-и? Кун пирки эпĕ питĕ иккĕленетĕп, — терĕ мана Америкăри паллă тĕпчевçĕ Дэвид Шейм. Вăл Джон Кеннеди пурнăçĕпе вилĕмĕ çинчен «Америка пирки тунă контракт» ятлă кĕнеке çырнă. —Чĕрĕк ĕмĕр ытла ĕнтĕ Кеннеди президент вилĕмĕ государствăн çав тери хытă сыхлакан вăрттăнлăхĕсенчен пĕри шутланать. Тĕрлĕрен сăлтавсене пула никам та вăрттăнлăх чаршавне сиресшĕн мар».

В. МАТЯШ,
ТАСС корр.

Вашингтон.

## НРБ Халăх пухăвĕнче

СОФИЯ, январĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Болгари Халăх Республикин Халăх пухăвĕнче паян наци ыйтăвне тĕрлĕ енчен сӳтсе явакан обществăлла совет ĕçлеме пуçланă. Совет ĕçне пĕтĕм нацин нацисен интересĕсене хӳтĕлекен комитечĕн представителĕсем, тĕрĕк чĕлхипе калаçакан халăхпа мусульмансен представителĕсем, Халăх пухăвĕн руководстви, Болгарири коммунистсен партийĕн тата ытти партисен парламентри ушкăнĕсен, парламентăн яланхи комиссийĕсен представителĕсем, компартин политикăллă, обществăлла организацийĕсен пĕрлехи декларацийĕ çине алă пуснă обществăлла вăйсен представителĕсем, партире тăман обществăлла деятельсем, Болгари патриархĕ, Болгарин тĕп муфтийĕ хутшăнаççĕ.

Совет ларăвне НРБ Халăх пухăвĕн председателĕ Станко Тодоров уçнă.

Халăх пухăвĕн руководстви вырсарникун Болгари гражданĕсене чĕнсе каланине салатнă. Унта çапла каланă: обществăлла совета пухнин тĕллевĕ — çĕршывра наци ыйтăвĕ хăрушланса çитни. Демократи, лăпкă лару-тăру, хăрушсăрлăх туса хума халĕ нихçанхинчен те ытларах ответлăх туймалла, ăслă-тăнлă та тӳсĕмлĕ пулмалла, конструктивлă калаçусем ирттерме хатĕр пулмалла.

## Тутлă пашалу

ПАРИЖ, январĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Франциари Бриансов хулинчи икĕ кондитер 594 килограмм таякан 25 метр сарлакăш пашалу пĕçернĕ. Кондитерсем хăйсем шутланă тăрăх, кун пек пашалу тĕнчере халиччен никам та пĕçермен. Вĕсем хăйсен пашалăвне Гиннесс рекорчĕсен кĕнекине кĕртме сĕнеççĕ. Чăн та, Франциех тахçан пĕçернĕ пысăк пашалу пурĕ те сакăр метр сарлакăш çеç пулнă.

Кондитерсем 36 сехет хушши пĕр канмасăр ĕçленĕ. 185 килограмм çăнăх, 1.480 çăмарта, 110 килограмм сахăр песокĕ, 65 килограмм çу, 8 килограмм çĕпре кирлĕ пулнă вĕсене.



ЮАР. Çĕршыври шурă ӳтлĕ халăхăн рассăллă ăс-тăнĕнче улшăнусем пулса иртеççĕ. Çакна юлашки вăхăтра Кăнтăр Африка пресси хаçатсемпе журналсен страницисенче илсе кăтартнă фактсем те çирĕплетсе параççĕ. Нумаях пулмасть ЮАРти паллă «Стар» хаçат фото ӳкерчĕк пичетлесе кăларнă. Ун çинче шурă ӳтлĕ хĕрарăм хăйĕн аллинче тытса тăракан хура ӳтлĕ пĕчĕк хĕрачана ӳкернĕ. Кун пекки халиччен хаçат страницисене лекме пултарайман. Тăвата ача амăшĕ Кэрол Маркс çак пĕчĕк хĕрачана амăшĕ вилнĕ хыççăн хăй патне илнĕ. Кун пек тĕслĕхсем ЮАРта татах пур, анчах халлĕхе расизм палăрăмĕсене те курма пулать.

Ӳкерчĕк çинче: Соуэто хулинчи ача садĕнче халлĕхе çакăн пек ӳкерчĕке те курма пулать: пралукран çыхнă карта хыçĕнче пĕчĕк ачасем, вĕсем çĕршывăн хура ӳтлĕ хапăх йышне кĕреççĕ. Расистсем шутланă тăрăх, вĕсем хăйсен вырăнне пĕлмелле. Тен, малашне лару-тăру улшăнĕ.

(ТАСС фотохроники).

# Тăван тавралăх

## КОНКУРС ИРТТЕРЕÇÇĔ

Çутçанталăка сыхлакан Чăваш АССР государство комитечĕ, çутçанталăка сыхлакан обществăн республикăри совечĕн президиумĕ, вăрман хуçалăхĕн «Чувашлес» территори производство пĕрлешĕвĕн совечĕ тата Чăваш АССР Журналистсен союзĕ çутçанталăк ыйтăвĕсене анлăн пропагандăлас, экологи проблемисене анлăн çутатас, ĕççыннисене экологи пĕлĕвĕ парас тата вĕсене тăван тавралăха сыхлас ĕçе активлă хутшăнтарас тĕллевпе 1990 çулхи январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа декабрĕн 31-мĕшĕччен республикăри, районсемпе хуласенчи тата нумай тиражлă хаçатсен, телевиденипе радио студийĕсен, уйрăм авторсен конкурсне ирттерме йышăннă.

Конкурсра мала тухнисене укçан преми парасçĕ.

Республика хаçачĕсем, телевиденипе радиовещани студийĕсем валли, пĕрремĕш вырăншăн — 300 тенкĕ; иккĕмĕш вырăншăн — 200 тенкĕ; виççĕмĕш вырăншăн — 150 тенкĕ.

Районсемпе хуласенче тухакан хаçатсем валли: пĕррремĕш вырăншăн — 200 тенкĕ; иккĕмĕш вырăншăн — 150 тенкĕ; виççĕмĕш вырăншăн (икĕ преми) — 100-шер тенкĕ.

Нумай тиражлă хаçатсем валли: пĕррремĕш вырăншăн — 150 тенкĕ; иккĕмĕш вырăншăн — 100 тенкĕ; виççĕмĕш вырăншăн — 75 тенкĕ.

Конкурсра çĕнтернĕ авторсене 30-шар тенкĕ вунă премипе пама йышăннă.

Конкурс итогĕсене пăхса тухса пĕтĕмлетме жюри çирĕплетнĕ.

*Шухăшлаттаракан, хумхантаракан ыйту*

# ÇĔР СУРАНĔ

**Чăваш литературин классикĕ Константин Иванов «çакă çутă тĕнчере вăйли çук та этемрен», тенĕ сăмахсем асăма килчĕç. Малашлăха курса çавăн пек калама пултарнăн туйăнчĕ мана аслă поэтăмăр.**

Пĕлтерĕшĕ пур-тăр çав вĕркесен. Пăхăр-ха халĕ хамăр пурăнакан çĕршывăмăр çине: тĕлĕнмелли, этем хăватне пăхса ăмсанмалли мĕн чухлĕ унта! Елĕк çĕр питне сухапуçпе шăйăрттарса тырпул çитĕнтерне вырăнта хăватлă тракторсем кĕрлессĕ ав. Пирĕн асаттесем мăн юханшывсене пĕвелесси çинчен тĕлĕкре те тĕлленмен пулсан, паян вĕсем çинче ГЭС çутисем йăлтăртатассĕ. Этемлĕх урăх планетăсем еннелле çул хывма пуçларĕ. Нумай тĕлĕнтермĕш илсе килчĕ çиреммĕш ĕмĕр: мирлĕ атома ĕçе кÿлчĕ, завод цехĕсенче сынсен ĕç вырăнĕсене манипуляторсем йышăнассĕ...

Техника прогресĕ хăват илни савантарать. Вăл пире ĕмĕрсем тăршшĕ пынă «чурăлăхран» хăтарчĕ. Хресчен пурнăçĕнех илер-ха, акă. Çăмăл пулнă-и ăна ачаран пуçласа çĕре керчĕчен пилĕк авса хырте ĕçлеме? Ĕç вăхăчĕ мĕн тăршшĕ пулнă тата? Ырри шуçăмран пуçласа сем çĕрлечченех мар-и?

[illegible]

...çĕре извесçлени те пулăшаймасть. Çака пăшăрхантарать: эпир пĕр 20—30 çул каялла курнă чĕрчунсем кусран çухалма пуçларĕç. Пĕвесемпе кÿлĕсенче хăшпĕр йышши пулăсем вуçех курăнмасçĕ. Пирĕн тăрăхра ешĕл курăк хушшинче самай йышлă пурăннă симĕс калта çук ĕнтĕ. Нумаях пулмасть эпĕ ăна ССР Союзĕн Херлĕ кĕнеки çине кĕртни çинчен пĕлтĕм. Апла пулсан, вăл çĕршывра сайра тĕл пулакан чĕрчунсен шутĕнче. Вăрман калти те çукпа пĕрех. Çарансенче шăрчăксем юрламаççĕ. Тăпрара ăман сахал. Карăша, путенене тата ытти вĕçенкайăксене хутран-ситрен çеç асăрхатăн.

Ĕçсенчен тĕнчи те чухăнланса пырать. Вăрман тăрăхĕсем хăрассĕ. Шухăшлăр-ха: çакăнта çук-и пирĕн айăп? Пурах, тесшĕн эпĕ. Ялхуçалăхĕнче биологилле меслетсемпе усă курма пăрахнăпа пĕрех ентĕ. Кирек ăçта та химилле препарата алла ярса тытатпăр. Сумку...

...сиккисем тăвассĕ, йывăççем лартассĕ. Ку лайăх. Анчах хитре цифрасемпе çеç витĕнсе тăмасçĕ-и эпир тăвакан ĕççем. Çулсерен лартса хăваракан йывăççен хисепĕ отчетсенче çершер пин шутланать. Вĕсем пурте чĕрĕлне пулсан, пирĕн тăрăх тахçанах вăрмана куçмалла.

Усă курма юрăхлă çĕр лаптăкĕ сахалланса пынине ытти тĕслĕхсемпе те çирĕплетме пулать. Кашни хуçалăхрах пур ун пек тĕслĕх. Пĕр-пĕр объект тумалла — вăл тÿрем вырăнта ÿссе ларать. Машина-трактор паркĕсем, механизациленĕ йĕтемсем, выльăх-чĕрлĕх фермисем ăçта вырнаçассĕ, тетĕр-ха? Пĕтемпе тенĕ пекех халиччен ялхуçалăх культурисем акса-лартса тунă вырăнта. Хăшпĕр ял хушшинче вара тем тумалăх та выран пур. Хăй çĕр хуçи пулнине туякан руководителе кăна курăймастăн.

Районта çĕрĕçкелÿ енĕпе ĕçлекен специалистсем тата акă мĕн...

# Хĕрĕх пин йывăç хуçи

**М. А. Рябинов, Шупашкар районĕнчи Чумкасси çынни, «Текстильмаш» пĕрлешĕвĕн конструкторĕ, «За рубежом» хаçат ирттернĕ экологи конкурсĕнче 5 çĕнтерÿçĕ шутне кĕнĕ. Конкурс вĕçленмен-ха.**

...Ир килчĕ çав çул çуркунне. Март уйăхĕн варринчех Кăкшăм юханшывĕнче пăр тапранчĕ, çурхи шыв кĕрлеме пуçларĕ. Пĕр кунхине ашшĕ вунтăвата сулхи ывăлне атмапа пулă тытма илсе кайрĕ.

Пуллине самаях тытрĕç. Кăкшăмра ун чухне кашакпа ăссан та пулă лекетчĕ пулĕ. Киле тулли хутаçпа таврăнчĕç. Çул çинче, пĕр йывăç тĕлĕнчен иртнĕ чухне, ашшĕ ывăлне çапла каласа хучĕ:

— Михала, ку çирĕке асласу лартнă. Атя-ха, пĕр тÿрĕ туратне татса илер те урăх вырăна куçарса хăварар. Аван йывăç çитĕнĕ...

Çав кун Михала хăй пурнăçĕнче пĕррремĕш йывăç лартса хăварчĕ. Халĕ те паянхи пекех лайăх астăвать ăна. 1944 çул, мартăн 15-мĕшĕ.

Ара, çĕрĕ те ăшăнсах çитменччĕ-ха. Апла пулин те, ашшĕпе иккĕшĕ лумпа катрĕç шăн çĕре, çирĕк лартма шăтăк алтрĕç. Ашшĕ каланă пекех, аван чĕрĕлчĕ çирĕк, калама çук парка йывăç ÿсе çитĕнчĕ. Çак кунтан тытăнса Михала кашни уяв е паллă кун ячĕпе йывăççем лартса хăварма тытăннă. Акă Руçе тĕне кĕртнĕренпе пин çул çитнĕ ятпа вăл пин çурă йывăç лартнă.

...Михаил Александровичпа юрпа хупланнă Кăкшăм çыранĕпе утатпăр. Юр тăранах мар уйра. Юханшыв пăрпа хупланнă. Çыран хĕррипе йăмрасем, хăвасем, тĕплĕ йывăççем лартса тухнă. Çĕршер, пиншер вĕсем кунта, вĕçĕ-хĕрри те курăнмасть. Çавсем сыхлассĕ те Кăкшăм юханшывне.

Михаил Александрович 59 çулта. Вăтам пÿ-силлĕ, çавра та усă кăмăллă сăн-питлĕскер, васкамасăр мана хăй лартнă йывăççене кăтартса çÿрет, хавхаланушлă каласать. Хĕпĕртет ĕнтĕ хăйĕн пĕтĕм пурнăçĕнчи ĕçне-хĕлне кура.

Михаил Александрович хальхинче те пушă алăпа пымарĕ Кăкшăм тăрăхне — кĕпе кĕвенти хулăнăш икĕ йăмра вулли йăтса тухрĕ.

— Мĕншĕн ахаль утас Кăкшăм хĕррипе? Йывăç лартса хăварас, — терĕ вăл, эпĕ ун çине ăнланмасăр пăхнине туйса.

Хĕлле йывăç лартакана пирвайхи хут куратăп. Шÿтлемест-ши?

— Хĕл — йывăç лартмалли чи лайăх вăхăт. Çăмăл ĕç мар, паллах, анчах йывăçшăн лайăх. Çĕрпе пĕрле ăшăнса, çуркунне тÿрех чĕрĕлсе каять вăл. Хĕлле ăна чир-чĕр те, хурт-кăпшанкăсем те аптратмассĕ. Выльăх-чĕрлĕх те ватмасть...

Пурĕ пĕрле шутласан, миçе йывăç-ши унăн? Вунă çултан иртнисем 4 пине яхăн, çамрăкраххисене те шутласан вара, 4—5 çул ÿснисемпе пĕрле — 40 пинрен те иртет. Пилĕк гектар çинче кашласа ларассĕ Михаил Александрович лартнă йывăççем.

— Тĕлĕнетĕп, — тет вăл, —пирĕн колхозсемпе совхозсем, ял Совечĕсем, шкулсем кашни çулах вуншар пин йывăç лартса хăварни çинчен рапортлассĕ, эрозипе кĕрешетпĕр, тессĕ. Ăçта йывăçĕсем?.. Пĕтĕмпех хăрса ларнă, выльăх-чĕрлĕх таптаса, кăшласа, хуçса-ватса пĕтернĕ... Кама улталатпăр? Хамăра кăна.

Шăн çĕре çивĕч лумĕпе пĕтĕм вăйран таккать Михаил Александрович.

— Пĕлетĕр-и, çынна çĕр ытамне таврма пулатех. Акă, юлашки вăхăтра ялта темиçе çын йывăççем лартма тытăнчĕç. Вăл çавăнтах И. Вторкин, Н. Морозов, В. Хрусталев ячĕсене асăнать.

...Акă пĕр шăтăк хатĕр те. Кĕркунне касса хăварнă йăмра тураттине Михаил Александрович унта вырнаçтарса лартрĕ те йĕри-тавра шăнна тăпрана типтерлĕ таптаса витрĕ.

— Тÿнсе ан кайтăр çеç. Суркунне, çĕр ăшăнсан, тепре килсе майлатăп.

Пирĕн Чумкасси ялне ытти ял çамрăкĕсем «тăмкасси» тесе кулатчĕç. «Пымастпăр сирĕн яла качча, тăм ашса пурăнма», — тетчĕç хĕрĕсем. Çак Кăкшăм юханшывĕ айăпллăччĕ уншăн, вăл хура тăпрана юхтарса каятчĕ те, хĕп-хĕрлĕ тăмлă çырансем инçетренех чуна пăратса тăратчĕç. Халĕ тăмлă çырансем серемленчĕç. Манăн ывăлсене кÿршĕ ял хĕрĕсем качча пымастпăр, тесе каламĕç ĕнтĕ тек, — ĕçленĕ хушăрах шÿтлекелесе илет Михаил Александрович.

Çапла, «йывăç чирĕ» çеç мар унăн. Ырă тĕллевпе лартать вĕсене. Икĕ километр ытла çырансене ишĕлме чарса хунă. Кунпа та çырлахмасть. Ялти пĕр урама ишĕлесрен çăлса хăварнă. Çарkаланса юхакан шыв пĕр çĕре чăмăртаннă, тăрăнланнă. Унта пулăсем, шапасем ĕрчеме тытăннă, кайăк кăвакалĕсем те вĕçсе килнĕ Кăкшăм тăрăхне. Хăйĕн вăрманĕнче тĕрлĕрен ÿсентăран, курăк ĕрчетет. Вăрман курăкĕсем пулсан, йывăççене те вĕсем хушшинче ÿсме хаваслăрах, имĕш. Пĕр-пĕрне пулăшса ÿсессĕ вĕсем. Асăрханă-и, ăçта юман, çавăнта шĕшкĕ. Пĕр-пĕринсĕр пурăнаймассĕ. Пĕлмен ку таранччен çак вăрттăнлăхсене. Ку çеç те мар. Вăрман курăкĕсем ĕрчетни Кăкшăм тăрăхне калтасене, сĕлевсене илентернĕ. Вĕсем хыççăн чĕрĕпсем килсе тухнă. Çапла иккен вăл сутçанталăк.

Ĕлĕкрех Михаил Александрович лартмалли йывăççене

## ÇУТÇАНТАЛĂКА ЮРАТСА

Атăл леш енне кайса кăларса килетчĕ, халĕ хăйĕн пахчинчех питомник йĕркеленĕ. Вăрăсенчен ÿстерет вĕсене. Вăра, вăрмана кайсан, кĕсйисене тĕрлĕ йывăç-курăк варрисем тултарса килет. Хăшне-пĕрне питомника лартса хăварать, теприсене тÿрех вăрман тăрăхне сапать.

Тислĕк хурчĕ çине кам кăна йĕрĕнсе пăхмасть-ши? Михаил Александрович вăра вĕсене те ĕрчетет. Çутçанталăкра пурте кирлĕ — лĕпĕшсем те, тислĕк хурчĕсем те.

Чумкасси (ăна Юраково тесен лайăхрах пĕлессĕ) — Çĕнĕ Шупашкарпа юнашарах. Рябинов каланă тăрăх, унăн чи хăрушă тăшманĕ — Химпром. Усал шăрша-маршă кăларать вăл, кислоталлă çумăрсем çутарать. Çавăнпа та, çак наркăмăшсене хирĕç йывăççемпе кăна кĕрешме пулать. Йывăççем юнашар чухне шăрша-маршă пыра капланмасть. Сывлаш уçă. Йывăççем яла çилтăманран, тăвăлсенчен хÿтĕлессĕ, хĕлле Чумкассинче, ытти ялсемпе танлаштарсан, самаях ăшă, çуллахи шăрăхра вара — сулхăн чуна уçăлтарать.

Михаил Александровичпа унăн мăшăрĕ Евдокия Андреевна висĕ ача çитĕнтернĕ: икĕ ывăл, пĕр хĕр. Вĕсен ячĕпе лартнă йывăççем те пур вăрманта: икĕ юман, пĕр хурăн.

Унăн аслашшĕ те, Семен Никандрович, хăй пурнăçĕнче сахал мар йывăç лартнă. 1900-мĕш çулта вăл лартнă йăмрана мăнукĕ, Михаил Александрович, тулли кăмăлпа, мухтанса кăтартать. Мухтанмасăр ара, ăрă ĕçе малалла тăсăлать. Кĕçĕн Рябиновсем те, Игорьпа Александр, ашшĕнчен ырă тĕслĕх илсе, йывăççем лартассĕ. Тепĕр йывăçпа та мухтанмасăр тÿссе тăраймасть Рябинов. Вăл — 500 çулхи хыр. Ял çумĕнче ларать. Ăна упраса хăварассишĕн сахал мар тăрăшнă Михаил Александрович. Чăваш АССР Çутçанталăка сыхлас енĕпе ĕçлекен государство комитечĕ авалхи йывăçа çутçанталăк палăкĕ тума йышăннă, ăна патшалăх сыхласа упрĕ малашне.

...Акă, иккĕмĕш турат та шăнна çĕре кĕрсе ларчĕ. Хĕл касĕç иккĕшĕ, çуркунне вара, вăй илсе, ăмăртса ÿсме тытăнĕç, капмар, лаштра йăмрасем пулса тăрĕç çулсем иртнĕçемĕн. Аслашшĕ йăмрисем пекех...

— Михаил Александрович, эсир йывăççене паллă кунсен ячĕпе лартатăр. кусене мĕнле çыхăнтаратăр ĕнтĕ? — ыйтрăм унран.

— Мĕнле мĕнпе? Паян СССР халăх депутачĕсен иккĕмĕш съезчĕ уçăлчĕ-çке. Ун ячĕпе — икĕ йывăç. Асра юлĕç. Çапла, ку йывăççене М. А. Рябинов е Пилеш Миши декабрĕн 12-мĕшĕнче лартса хăварчĕ. Ăна кура манăн та çĕнĕ туртăм хускалчĕ: йывăç лартасси. Çуркунне ситтĕр-ха...

**А. ФИЛИППОВ.**

**Михаил Александрович Рябинов «За рубежом» хаçат ирттернĕ экологи конкурсне хутшăнса, 5 финалист шутне кĕме пултарчĕ. Çак пилĕк кандидатурăран пĕри çĕнтерÿçĕ пулса тăрĕ. Ăна çапла палăртассĕ: «За рубежом» хаçатăн 48-мĕш номерĕнче кашнин ĕçĕ-хĕлĕ пирки тĕрленчĕк пичетленнĕ, декабрĕн 9-мĕшĕнче вара çак пилĕк финалист пирки Тĕп телевиденипе ятарласа передача кăтартрĕç. Çак тĕрленчĕксемпе передача тăрăх вулакансемпе телекуравçăсен пĕррремĕш вырăна кама парасси пирки хăйсен шухăш-кăмăлне çырса пĕлтермелле.**

**Адресĕ çапла: 125865, ГСП, Москва, А-137, ул. Правды, 24, редакция газеты «За рубежом».**

**Пирĕн ентеш М. А. Рябинов ĕçĕ-хĕлĕ килĕшрĕ пулсан, сассăра уншăн пама пултаратăр. Çырусемпе открыткăсене паянырах ямалла.**

# Çавал хăрушлăхра

Ман умра — Чăваш АССР картти. Республика варрипе, çĕр кукăр туса, Çавал юханшыве юхса выртать. Вăл Çĕмĕрле, Вăрнар, Канаш районĕсенчи çăлкуççенчен пуçланать, таврари нумай колхозпа совхозăн уйхирĕсене шăварса тăрать. Унăн шывĕпе усă курса, тырпул, пахчаçимĕç тухăçне ÿстерессĕ çĕр ĕçченĕсем, улăх-çаранĕсенче утă çулса илессĕ.

Йалмачча патĕнче ĕлекрех шыв армане те ĕçленĕ. Халĕ те унта тăрна кусĕ пек тăра шыв шăнкăртатса юхать.

Халĕ вара Çавал шывне ĕçме юрамасть, унта пулăсем те ĕрчемессĕ, тетпĕр. Анчах çака та пăшăрхантармасть пулас хăшпĕр çынсене. Вĕсем тата хăрушăрах ĕç тăвасшăн: Вăрнарта поликарбонат завочĕ лартасшăн. Пĕтĕм наркăмăша Çавал тăрах республика варрипе сарасшăн.

Мĕнле ÿкĕте кĕртмеллеши çак çынсен ушкăнне, мĕн каласа ăнлантармалла-ха вĕсене? «Юрамасть çутçанталăка варалама», — тесен, вĕсем: «Нимĕн те пулмасть, хăрама кирлĕ мар. Вăрнара хула тăватпăр, пÿрт-çуртсем лартатпăр, больница, Культура çурчĕ çĕкленĕç. Çавал вырăнне бассейн пулать. Унта шыва кĕрĕпĕр. Асфальтлă çулпа çеç çÿрĕпĕр», — тессĕ.

Вăрнарти çак ушкăнран ман çапла ыйтас килет: «Мĕнле пахчаçимĕç илĕпер наркăмăшлă Çавал шывĕпе шăварма пуçласан?» Çавал улăхĕнчен çулса илнĕ утăпа тăрантарнă выльăхсенчен мĕнле продукци илĕпĕр?

Республикăри экологи центрĕн ларăвĕсенче Вăрнарта поликарбонат заводне тăвас пирки çивĕч калаçу пычĕ, вăл тавралăха пысăк сиен кÿме пултарнине палăртрĕç. Анчах та мана Шупашкарта, «Диалог» политклуб ларăвĕнче, çак ыйтăва тĕрĕс мар ăнлантарни шухăша ячĕ.

Эпир ку таранччен яланах шантарма вĕреннĕ, анчах пурнăçра ку хут çичех юлать. Шанма кирлех-ши проектантсене? Ман шутпа, çук. Вăрнарта çĕнĕ завода тума чарас пирки СССР халăх депутачĕсенчен тивĕçлĕ пулăшу кĕтетпĕр.

**М. ИЛЬИН,**
Канаш районĕнчи «Советская Армия» совхозри профком председателĕ.

# Пĕрлехи пуянлăх

*Пирĕн республика вăрманĕсенче çĕршер работник ĕçлет, пурăнать. Пиншер çын вара çак пахха вырăнсенче канать, сывлăхне çирĕплетет.*

ав. Пирĕн асаттесем ман юханшывсене пĕвелесси çинчен тĕлĕкре те тĕлленмен пулсан, паян вĕсем çинче ГЭС çутисем йăлтăртатаççĕ. Этемлĕх урăх планетăсем еннелле çул хывма пуçларĕ. Нумай тĕлĕнтермĕш илсе килчĕ çиреммĕш ĕмĕр: мирлĕ атома ĕçе кӳлчĕ, завод цехĕсенче сынсен ĕç вырăнĕсене манипуляторсем йышăнаççĕ...

Техника прогресĕ хăват илни савăнтарать. Вăл пире ĕмĕрсем тăршшĕ пынă «чуралăхран» хăтарчĕ. Хресчен çапурнăçĕнех илер-ха, акă. Çамал пулнă-и ăна ачаран пуçласа çĕре кĕриччен пилĕк авса хирте ĕçleme? Ĕç вăхăчĕ мĕн тăршшĕ пулнă тата? Ирхи шуçăмран пуçласа сĕм çĕрлеччен мар-и?

Нумай улшăнчĕ унтанпа ялхуçалăх производствинчи ĕç. Этем ăс-хакăлĕ кунта та самай палăрчĕ. Сухапуç музей экспоначĕ кăна халь. Хресчен унпа чылай хушă уса курмасть. Çĕре тарăн касăсем тăвакан плугсемпе сухалама пуçларăмăр. Тырпул çитĕнтернĕ çĕрте ала вăйĕпе тумалли ĕç çук тесех. Пĕтĕм механизациленĕ ăна. Акнинчен пуçласа пухса кĕртесси таранах. Çумкурăкне те тĕрлĕ препаратсем «çумлама» пуçларĕç. Тухăçа ытларах минераллă удобрени шучĕпе ӳстерни пек туйăнать.

Ял ĕçченĕшĕн çакă лайăх та-и, тен. Ĕçлеме, пĕр енчен, ĕлĕкхинчен тем тери ансат. Тепĕр енчен... Ахлатса сывлать паян тăван çĕр. Утти те суранлă унăн, ăшчиккe те. Нумай хуçалăх химимçамĕпе ытлашши усă курма пуçланăран ахлатса сывлать мар-и вăл. Чылай çĕрте тухăçа ӳстерессишĕн антăхсах гектар пуçне вунă центнер ытла тĕрлĕрен минераллă удобренисем хываççĕ вĕт.

Тухăçа ӳстерме кирлĕ мар, тесе калас камăл çук ман. Ӳстермелле ăна. Анчах тухăç резервне пĕр минералсенче кăна шырани вырăнсăр. Кун пек тунипе продукци хисепне ӳстерсе унăн пахалăхне сухататпăр çеç. Ыраш çăнăхĕнчен ырă шăршăллă, тутлă çăкăр пĕçерейми пултăмăр, ав. Çĕрулминче нитрат хисепĕ мĕн чухлĕ пулнине лабораторинче тĕрĕслеттерсе хатĕрлев организацийĕсене ăсатасси патне çитрĕмĕр. Мĕн туни ку? Мĕн ырри пур çакăнта? Хамăр сывлăха хавшатасси патне пырса тухни мар-и?

Çĕр хăй епле сипленет тата! Чылай лаптăкра тăпра минераллă тăварсемпе йӳçĕхнĕ. Çав йӳçĕке пĕтерме пуранни çимĕç... тĕ. Нумаях пулмасть эпĕ ăна ССР Союзĕн Хĕрлĕ кĕнеки çине кĕртни çинчен пĕлтĕм. Апла пулсан, вăл çĕршывра сайра тĕл пулакан чĕрчунсен шутĕнче. Вăрман калти те çукпа пĕрех. Çарансенче шăрчăксем юрламаççĕ. Тăпрара ăман сахал. Карăшă, пӳтенене тата ытти вĕсенкайăксене хутран-ситрен çеç асăрхатăн.

Ӳсентăран тĕнчи те чухăнланса пырать. Вăрман тăрăхĕсем хăраççĕ. Шухăшлар-ха: çакăнта çук-и пирĕн айăп? Пурах, тесшĕн эпĕ. Ялхуçалăхĕнче биологилле меслетсемпе усă курма парахнăпа пĕрех ĕнтĕ. Кирек ăçта та химилле препарата алла ярса тытатпăр. Çумкурăксенчен хăтăлмалла — вуншар тĕрлĕ гербицид сапăнать. Хурт-хăпшанкăсемпе чир-чĕрсене пĕтермелле — каллех ядохимикат! Мĕн пытармалли пур — тепĕр чухне вĕсемпе мĕнле усă курмаллине пĕлместпĕр.

Пĕр çулхине, акă, «Агропромхимия» производство пĕрлешĕвĕнчи агрохимиксем «Союз» совхозра кукуруза пулмалли лаптăка хăватлă перепаратпа, агелонпа, имçамланă. Хуçалăхри агрономи службин вара çак препарат уйрăмлăхĕсене шута илмен, çав пусăна выльăх кăшманĕ актарнă. «Çунса кайнипе» шăтма пултарайман ӳсентăран. Илме палăртнă тухăç фермăна ситмен. Çавал тăрăхĕнчи лайăх сĕрлĕ лаптăк çу каçипе çара выртрĕ. Кун пек тĕслĕхсем районта пĕрре мар пулаççĕ.

Çĕр вăл — пирĕн пуянлăх. Шел, çак чанлăха шута илесшĕн мар эпир. Унăн лаптăкĕ вара çулсерен пĕчĕкленсе пырать. Статистика пĕлтерне тăрăх, хальтерех кăна-ха çĕршывра кашни сын пуçне пĕр гектар акакан çĕр шутланнă. Халĕ вăл 0,75 гектарпа сеç танлашать. Пирĕн районта ку хисеп татах пĕчĕк. Мĕншĕн? Ишĕлсе пыракан çырмасем çав тери йышланчĕç. Район территорийĕнче вĕсен пĕтĕмĕшле хисепĕ — 994. Çырмасем пурĕ 1.808 гектар йышăнаççĕ. Ку вăл пĕр вăтам хусалăх çĕрĕ чухлĕ вĕт!

Çĕрпӳ районĕнчи çырмасен пĕтĕмĕшле тăршшĕ 166 километра çитнĕ. Пĕр çырма кăна çулталăк хушшинче 10—12 метр чухлĕ çĕре çурма пултарать. Урăхла каласан, икĕ гектара яхăн çĕр пусăçавранăшĕнчен тухса ӳкет.

Эрозипе кĕрешме районта нимĕн те тумаççĕ теме çук. Çурса пыракан çырмасен çулне пӳлме валсем, шывусă курма юрăхлă çĕр лаптăкĕ сахалланса пынине ытти тĕслĕхсемпе те çирĕплетме пулать. Кашни хуçалăхрах пур ун пек тĕслĕх. Пĕр-пĕр объект тумалла — вăл тӳрем вырăнта ӳссе ларать. Машина-трактор паркĕсем, механизациленĕ йетемсем, выльăх-чĕрлĕх фермисем ăçта вырнаçаççĕ, тетĕр-ха? Йетемпе тенĕ некех халиччен ялхуçалăх культурисем акса-лартса тунă вырăнта. Хăшпĕр ял хушшинче вара тем тумалăх та выран пур. Хăй çĕр хуçи пулнине туякан руководителе кăна курăймастăн.

Районта çĕрйĕркелӳ енĕпе ĕçлекен специалистсем тата акă мĕн пĕлтерчĕç: çĕрпӳсен çирĕм çул хушшинче усă курма юрăхлă çĕр 896 гектар чухлĕ чакнă.

Тӳрех каласан, вак-тĕвекпе ытлашши выляничан механизаторсем сахал мар пирĕн хушăра. Хăватлă, пысăк кӳлепелле «хурçа утсемпе» ĕçлене май, хĕсĕкрех вырăнта тӳртен татса тухса сухаланине курмастпăр-и-ха? Пĕлтер пĕри çапла тунă, каçал тепри — сисместĕн те, вăхăт иртнипе çĕремленсе пыракан лаптăк пуса варринеллех кĕрсе пырать. Çакăншăн кама та пулин ответ тыттарнине курман вара.

Хăватлă, пысăк кӳлепеллĕ тракторсем тенĕрен, вĕсене тепĕр çĕрте ĕçлеме чăннипех йывăр. Энергетиксем, сăмахран, пĕр вырăнтах темиçе лини карса тухнине илер-ха тата. Районти хуçалăхсен хирĕсенче пулсан, уçăмлăн куратăн çакна. Çурçĕрти электросетĕн Çĕрпӳ районĕнче ĕçлекенсен «тăрăшăвĕ» ку. Ман шутпа, электропередача линийĕсене карас ĕçре йĕрке тума тахçанах вăхăт.

Çĕрпе усă курас ыйту çинче каштах чарăнса тăнă май, çакна та тĕп вырăна лартас килет — пĕр вăхăтра хуçалăхсенче пĕчĕк пĕвесем тăвас ĕçе сарса янăччĕ. Эрози çулне пӳлмелли резерв выраннех хуратчĕç ăна. Халĕ çакă путланса ларчĕ. Юхакан шыв вара хăйĕн ĕçнех тăвать. Малтан пулнă çырмасенче тата тепĕр çырма йĕркеленме пуçлани сисĕнет. Тарăнлансах пырать çĕр суранĕ! Тырпул хирĕ пулăхлă сийсĕр, нӳрĕксĕр юлас хăрушлăх пур. Ку вăл эпир çăкăрсăр пулнипе пĕрех.

**Н. СЕРГЕЕВ,**
**çутçанталăка сыхлакан обществăн Çĕрпӳ районĕнчи совечĕн президиумĕн членĕ, райхаçат редакцийĕн ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ.**

Кăкшăм хĕррине? Йывăç лартса хăварас, — терĕ вăл. Эпĕ ун çине ăнланмасăр пăхнине туйса.

Хĕлле йывăç лартакана пирвайхи хут куратăп. Шӳтлемест-ши?

— Хĕл — йывăç лартсеремленчĕç. Манăн ывăлсене кӳршĕ ял хĕрĕсем качча пымастпăр, тесе каламĕç ĕнтĕ тек, — ĕçленĕ хушăрах шӳтлекелесе илет Михаил Александрович.

Çапла, «йывăç чирĕ» çеç мар унăн. Ырă тĕллевпе лар...

...передача тăрăх вулакансемпе телекуравçăсен пĕррремĕш вырăна кама перасси пирки хăйсен шухăш-кăмăлне çырса пĕлтермелле.

Адресĕ çапла: 125865, ГСП, Москва, А-137, ул. Правды, 24, редакция газеты «За рубежом».

Пирĕн ентеш М. А. Рябинов ĕçĕ-хĕлĕ килĕшрĕ пулсан, сассăра уншăн пама пултаратăр. Çырусемпе открыткăсене паянах ямалла.

...тума чарас пирки СССР талăх депутачĕсенчен тивĕçлĕ пулăшу кĕтетпĕр.

**М. ИЛЬИН,**
**Канаш районĕнчи «Советская Армия» совхозĕн профком председателĕ.**

## Пĕрпехи пуянлăх

Пирĕн республика вăрманĕсенче çĕршер работник ĕçлет, пурăнать. Пиншер сын вара çак паха вырăнсенче канать, сывлăхне çирĕплетет.

Анчах та чылайăшĕ вăрмана кăшт кăна суранлатни те ăна пĕтерме пултарнине, тепĕр чух ун вырăнне çĕнĕрен вăрман чĕртме пачах май килменнине пĕлмест те пулĕ.

Çутçанталăк комплексĕсем (биоценозĕсем) хăвăрт тата пачах таврăнми улшăнса пыраççĕ. Чĕрчунсен тĕнчи улшăнса пыни хальхи вăхăтра экологи улшăнăвĕсенчен нумай килет. Тавралăха производство каяшĕсемпе, пестицидсемпе тата ытти имçамсемпе вараланине, вăрмансене каснине, шурлăхсене типĕтнине е искусственнăй шыв хранилищисем тунине пула сынсен, чĕрчунсен пурнăç условийĕсем йыварланаççĕ.

Вăрман вăл йывăç çеç мар. Вăл — кăмпа-сырла, майăр, эмел курăкĕ те. Вăлах тĕрлĕ кайăк, тискер кайăк та. Çавăнпа вăрманти пурлăха сыхласси, чир-чĕртен, сиенлĕ хурт-кăпшанкăран упрасси кашнин тивĕçĕ пулмалла.

Шел пулин те, халлĕхе эпир ку енĕпе çителĕксĕр ĕçлетпĕр-ха.

**В. МИХАЙЛОВ.**





Пас тытнă вăрман. Кайăксем. Ӳкерсе илесчĕ вĕсене.

Б. Иванов фотоӳкерчĕкĕсем.

*Пирĕн тăрăхра*

# ХĔЛЛЕХИ ТУССЕМ

*Мана чĕрчунсем мĕнле тăранса пурăнни тахçантанпах интереслентерет. Çакăн çинчен тĕплĕнрех каласа пама ыйтатăп.*

*Ф. НИКОЛАЕВ.*
Кармал ялĕ,
Тăвай районĕ.

Тискер кайăксемпе тĕрлĕ кайăксем хĕллехи вăхăтра тĕрлĕ майпа тăранса пурăнаççĕ. Пĕрисем хĕл пуçланнă тĕле çу нумай пухаççĕ те хĕлĕпех çыварaççĕ. Вĕсене никам та пырса тĕкĕнмесен, çуркуннечченех тарăн ыйхăра пулаççĕ. Ытти тискер чĕрчунсемпе вĕсен кайăксен те хĕлекĕнĕ çĕре тирĕ айĕнче çу чылай пуçтарăнать. Тирĕ айĕнчи çу тата ӳт çумĕнчи мамăк вĕсене хĕллехи чылай сивĕ çанталăка чăтса ирттерме пулăшать. Апат тупма йывăр вăхăтра вĕсем темиçе кун хуппăй ним çимесĕрех пурăнма пултараççĕ.

Тĕрлĕ йышши чĕрчун хĕллехи вăхăтра хăйне майлă вырăнта апат тупса тăранать. Сăмахран, шăшисем, çуллахи пекех, хĕлле ӳсентăрансен юр айĕнче юлнă çулçисемпе, çимĕçĕсемпе, тунисемпе те хупписемпе, вăррисемпе тăранаççĕ. Вăрăсемпе çимĕçсем çук вырăнсенче вĕсем çамрăк тунасем çинчи хупăсене кăшласа апатланаççĕ. Ытти йывăçсем çитĕнмен вырăнсенче шăшисем çамрăк чăрăшсемпе хырсен вуллисене те кăшлаççĕ. Сад пахчинче пурăнакан шăшисем çамрăк улмуççисен тунисемпе туратĕсен хупписене кăшлаççĕ. Юр айĕнче симĕс çулçăллă курăк юлнă чухне шăшисем улмуççи тунисене тĕкĕнмеççĕ.

Шăшисем ăшăрах кунсенче юр ăшĕпчен çиеле тухса та апат пуçтараççĕ, чăрăшсемпе хырсен, çăкасемпе вĕренесен, хурамасемпе йĕлмесен вăйлă çилпе татăлса ӳкнĕ вăррисене çиеççĕ.

Пакшан хĕллехи сĕтелĕ çинче те апат сахалланса юлать. Пуçтарса хăварнă апата вăл çав тери упраса çиет. Хĕлле ăна ытларах хырпа чăрăш вăрманĕсенче курма пулать. Йĕкелри вăрăсене кăларас тесе, вăл çав тери нумай вăй хурать. Йĕкелсем пушă пулнă çулсенче пакша хыр чăрăш папкине тăранать. Вăл юр çине ӳкнĕ йĕкелсем патне те пырса çӳрет. Юман вăрманĕсенче пурăнакан пакшасем йĕкел пулман çулсенче ытларах кăмпа хатĕрлесе хăвараççĕ. Хĕллехи вăхăтра, туратсем çинĕн сиксе, юман папкисене татса çиеççĕ. Тепĕр чухне вулăсем çинче çитĕнекен мăка çиеççĕ.

Мулкачсен апат-çимĕçĕ те хĕлле чылай сахалланать. Вĕсем çулла çиекен курăк юр айне юлать. Çавăнпа хĕлле типĕ утă е сĕлĕ улăм куписем патне çӳреме тивет. Çамрăк хурăн, ăвăс, хăва вуллисене те юратса кăшлаççĕ.

Пăшисене тăранма апат нумай кирлĕ. Юр сахал çунă хĕлсенче вĕсем ытларах куçса çӳреççĕ. Юр нумай чух вĕсене çӳреме йывăртарах. Типĕ курăк тарăн юр ăшне тăрса юлать. Пăшисем хĕлле ытларах хурăн, ăвăс, пилеш, çирĕк, çамрăк юман хуппине кăшласа тăранаççĕ. Çамрăкрах йывăççене майракисемпе тĕртсе те хуçаççĕ. Хырпа чăрăш вăрманĕсенче те пăшисем чиперех тăранса пурăнаççĕ. Йывăç хуппи ăшарах кунсенче лайăх сĕвĕнет. Сивĕ кунсенче ăна кăшлама çăмăлах мар. Çавăнпа та пăшисем сивĕрех кунсенче хăва тĕмисем çитĕнекен вырăнсене пыраççĕ. Çамрăк туратсене çиеççĕ. Вĕсем уртăш лăссисене те юратсах çиеççĕ. Вăрмансенче лартнă çамрăк хырпа чăрăша та пăшисем тепĕр чух чылай сиен кӳреççĕ.

Хир сысписем те хĕлле апата чылай асапланса тупаççĕ. Апата сăмсипе чавса шыраççĕ. Вĕсем тăпра тарăн шăнмая вырăнсенче пурăнма тăрăшаççĕ. Шурлăхлăрах вăрмансенче вĕсене апат тупма çăмăлрах. Унта вĕсем тачка тымарсене тупса çиеççĕ. Юман йĕкелĕ нумай пулнă çулсенче хир сысписем хĕлĕпех çак вырăнсенче тăрмашаççĕ. Апат сахалланса юлнă вăхăтра хир сысписем фермăсем таврашне те пырса çӳреме тытăнаççĕ. Пăсланса тăракан силоса пите юратса çиеççĕ.

Сăсарсене хĕлле вăрмансенче апат тупма çăмăлрах. Вĕсем ытларах шăшисем тытаççĕ. Юссем те шăшисене тытса апатланаççĕ. Вĕсем çав тери чее. Шăши йышлă пурăнакан вырăнсене çӳреççĕ. Тепĕр чухне пакшана та тапăнаççĕ. Шăшисем сахал тăрса юлнă çулсенче сăсарсем пилеш çырли çисе пурăнаççĕ.

Шашкă хăйне тăранмалли апата типĕ сĕрте те, шыва чăмса та тупать. Шывра вăл хĕл каçма вырнаçнă пулăсене сывăракан шапасене шырать. Çĕр çинче ытларах шăшисене тапăнать, тĕл пулнă чухне виллине те тиркесе тămасть. Шашкă апат хатĕрлесе хума тăрăшать. Тытнă пулăсемпе шапасене пĕр вырăна купаласа хурать.

Тилĕн юратнă апачĕ — шăши. Вăл ăна хăйне майлă тытни сынсене мĕн ĕлĕкренех тĕлĕнтернĕ. Çынсем «тилĕ шăши тапать» тенĕ. Тилĕсем шăшисене тăранмалăх кăна тытаççĕ. Шăшисем ан сисчĕр тесе, вĕсем ялан çиле хирĕç чупаççĕ. Вĕсен шăршă туйăмĕ пысăк, кирек мĕнле сас-чĕвве те лайăх илтеççĕ. Шăши пуррине чылай инçетрен туйса илме пултараççĕ. Тилĕсем, çавăн пекех, мулкачсене те тапăнаççĕ. Сивĕсем вăхăтĕнче тилĕсем пăчăрсемпе карăксене тытаççĕ. Кӳлĕсемпе юханшывсен таврашĕсенче ондатрăсене тапăнаççĕ.

Çӳлевĕçсем, вăрмансенче сахал тăрса юлнă пулин те, хăйсене çав тери çивĕч тытаççĕ.

Улатаккасем хырпа чăрăш йĕкелĕсен вăррисемпе тăранаççĕ. Хăрнă йывăççен хупписем айĕнчен те хурт-кăпшанкăсем тупаççĕ. Вĕсем хĕлĕн сĕвĕн вăрмансене сиенлĕ хурт-кăпшанкăсенчен сыхлаççĕ.

**Н. МАТВЕЕВ**
**биологи наукисен кандидачĕ.**

# ТĂВАТТĂМĔШ ÇĂЛ

Мĕниçырми курчĕ «Волга» совхозăн Аманик ялĕнчи сĕт-çу фермин çуллахи лагерĕ çывăхĕнчех. Çак вĕтлĕх варманта эп пайтах пулнă-ха: çуркунне шăпчăк юррине киленсе тăнланă, çулла усăлса çӳренĕ, çĕр çырли е кăмпа пăхкаласа çӳренĕ.

Выльăх пăхакан пулнă май, вăрман пуянлăхĕпе паллашма тăрăшнă çав.

Акă паян та вăрман хĕррипе утатăп. Аялта, çырма хĕрринче, сăртăн чуллă хысакĕнче шыв юхса тухакан вырăна тахçанах асăрханă-ха эпир, усă шывне ĕçсе киленнĕ. Паян, ак, куртри çăлпа паллашатăп. Шĕшкĕ, хурама, палансем хушшинче, сулхăн вырăнта, çăл пур. Ăна эпир А. Филипповпа чылайччен пăхса тăтăмăр. Шăнкăртатать çăл шывĕ. Килен-каян çынсемпе калаçать, тейĕн. Филиппов ман пекех выльăх пăхакан. Ун шывĕ вăй парать-çке. Çутçанталăка юратма хистет, тейĕн.

Йывăççен сулхăнĕнчи çăл çăнĕ тĕксĕмрех сăнлă, çутă йывăççен хушшипе çеç кăштах ӳкет. Ку çăл çăнĕ вăтанчăк хĕрĕн имевĕвĕ пекрех. Тăваттăмĕш çăл ку, вĕçĕшĕ аялта, çырма хĕрринче.

Вĕсен сассинче эп çутçанталăкăн чĕрĕлĕх илемне туятăп-çке. Шăнкăртатăр, шăнкăртатăр, чун юратнă çăлсем.

**И. МИРОНОВ.**

Куславкка районĕ.

